*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 4 (20137) • Эрнекун, 1990 çулхи январĕн 5-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*Тĕп кăтарту— эффективлăхпа пахалăх*

## ПРОМЫШЛЕННОÇРА УЛШĂНУ ПУР-И?

1989 çулхи январь-декабрь уйăхĕсенче республика промышленноçĕ договор обязательствисене 99,4 процент пурнăçланă (1988 çулта — 98,9 процент). 21 предприятипе пĕрлешӳ (вĕсен пĕтĕм хисепĕн 10,5 проценчĕ) потребительсем умĕнче парăма кĕнĕ, 22,5 миллион тенкĕлĕх продукци парса çитереймен. 1988 çулта ку кăтарту 41,6 миллион тенкĕпе танлашнă.

Курăнать ĕнтĕ, потребительсем умĕнчи парăма кăштах чакарма май килнĕ. Çав вăхăтрах хăйсен сăмахне тытман предприятисен хисепĕ чакманни хытах шухăшлаттарать. Вĕсен шутĕнче: Шупашкарти электроаппаратура завочĕ, «Промприбор» пĕрлешӳ, машинăсем тăвакан завод, Çĕнĕ Шупашкарти çĕрмамăк çипĕ арлакан фабрика, Канашри вагонсем юсакан тата электропогрузчик завочĕсем, «Ковалинский» тата «Порецкий» крахмал завочĕсем, Ишлейри пысăк вольтлă аппаратура завочĕ, «Шемуршинский» апат-çимĕç комбиначĕ.

1988 çулхипе танлаштарсан, промышленность продукцийĕн калăпăшĕ 4,9 процент ӳснĕ.

Вичĕмçулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр халăха кирлĕ таварсем (ăрех-сăра хакне шута илмесен) 128,1 миллион тенкĕлĕх (10,1 процент) ытларах туса кăларнă, плана 74 миллион тенкĕлĕх ирттерсе тултарнă. Заданирен ирттерсе туса кăларнă таварсен шутĕнче: радио устройствисем, йăлари хими таварĕсем, сĕтел-пукан, пир-авăр, чăлха-нуски, трикотаж изделийĕсем, çăмата, çĕвĕ изделийĕсем, аш-какай, кăлпасси, сыр, сĕт-çу продукчĕсем, консервсем, пылак шыв, кондитер изделийĕсем.

Пĕтĕмĕшле илсен, промышленность 1989 çулхи тулăш илмелли плана тултарнă.

Халăха кирлĕ тавар туса кăлармалли плана 12 предприятипе пĕрлешӳ — çав шутра Шупашкарти электроаппаратура завочĕ, Улатăрти çăкăр завочĕ, «Яльчикский», «Первомайский», «Порецкий» крахмал завочĕсем, Хĕрлĕ Чутайри кирпĕч завочĕ, Чăвашпотребсоюзăн Çĕрпӳри производство комбиначĕ тултарайман. Вĕсем 5,6 миллион тенкĕлĕх тавар парса çитереймен.

Çăмăл промышленность хальхи мода улшăнăвне тивĕçтерме пултаракан «Н» индекслă тата договор хакĕпе сутакан таварсене 11 миллион тенкĕлĕх (планăн 104,8 проценчĕ) ытларах туса кăларнă. Çăмăл промышленность таварĕсен пĕтĕмĕшле калăпăшĕнче çĕнĕ йышши продукци тӳпи 42 процент. Вичĕмçулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр çĕнĕ йышши таварсем туса кăларасси 36,4 миллион тенкĕлĕх ӳснĕ.

Чăваш АССР Статистика управленийĕ.



Вăрнар районĕнчи Чапаев ячĕпе хисепленекен колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем юлашки икĕ çул хушшинче пăпăрмаллах ӳсĕмсем турĕ. Сĕт сăвакансен кăтартăвĕсем уйрăмах савăнтараççĕ. Халĕ дояркăсем кунсерен ĕне пуçне 8—9 килограмм сĕт сăваççĕ.

Сăн ӳкерчĕкре: Мария ... дояркăсем.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕ.

*Ял валли—ăста кадрсем*

## АТАЛАНУ ÇУЛĔПЕ

**Патăрьелĕнчи профессипе техника училищи ялхуçалăх специалисчĕсем хатĕрлекен республикăри чи ватă вĕренӳ заведенийĕсенчен пĕри. Чăваш автономине туса хунă çулсемпе вăл пĕр килет унăн историйĕ. Çирĕммĕш çулсен пуçламăшĕнче вĕренӳ мастерскойĕсем çеç пулнă. Малтан кунта тимĕрçĕсем, платник-столярсем вĕрентсе хатĕрленĕ. Коллективизаци çулĕсенче колхоз çамрăкĕсен шкулне туса хураççĕ. Пĕрлешсе йĕркеленнĕ хресчен хуçалăхĕсем валли шут ĕçĕн работникĕсене, ферма заведующийĕсене, уй-хир бригадирĕсене вĕрентсе кăлараççĕ. Ытларах кунта республикăн кăнтăр районĕсенчи ялсенчен килнĕ çамрăксем пĕлӳ пухнă. 60-мĕш çулсен вĕçĕнче профессипе техника училищине туса хураççĕ.**

ХАЛĔ профтехучилище территорийĕ пĕчĕк агрохулана аса илтерет. Вĕренӳ корпусĕпе ытти çуртсем тавра кăçал лартнă çамрăк чăрăшсем кунта чăннипех тирпейлĕхшĕн, çутçанталăк илемĕшĕн тăрăшакансем ĕçленине çирĕплетеççĕ.

Çак кунсенче коллектившăн савăнăçлă самант пулчĕ. Государство комиссийĕ профессипе техника училищин комплексне йышăнчĕ.

### МАЛ ĔМĔТПЕ ХАВХАЛАНСА

Училище директорĕ И. В. Мулюков вĕрентӳпе производство мастерскойĕсемпе паллаштарать. Кăçал туса ĕçе кĕртнĕ вĕсене. Вĕренӳ пособийĕсемпе оборудованисене вырнаçтарас тĕлĕшпе халь юлашки ĕçсене пурнăçлаççĕ. Тренажерпа техника класĕ вĕренекенсене йышăнма хатĕр.

— Çулсерен вĕренӳпе кăтарту пособийĕсене, тĕрлĕ ялхуçалăх техникине çĕр пин тенкĕлĕх туянатпăр, — тет Иван Васильевич. — Училищĕре автомобиль водителĕсене 1989 çултанпа хатĕрлетпĕр. Унтанпа 500 ытла çамрăк çак профессие алла илчĕ. Чылайăшĕ халь колхозсенче. Таван çĕршывăн тĕрлĕ стройкисенче ĕçлеççĕ. Акă, пирĕн училищĕре вĕренине Ю. Васюткин, В. Кириллов, А. Карамаликов, А. Яковлев çамрăксем çар техникине туртăнаççĕ. Вĕсем хăйсене водитель правине илме пулăшнăшăн, çирĕп дисциплинăлла, тарăн пĕлӳ...

«Электроника МС-0202» шутлав комплексĕ туяннă. Класра пĕр харăс 24 ача вĕренме пултарать. Сакăр чĕлхепе ĕçлекен кăткăс машинăпа ачасем, В. Г. Саликов преподаватель ертсе пынипе, питĕ кăткăс задачăсене шутлама, ӳкерчĕксем тума, тĕрлĕрен чертежсем вулама хăнăхаççĕ. Училищĕре вĕренекенсем çеç мар усă кураççĕ унпа. Патăрьелĕнчи, Нăрваш Шăхаленчи, Туçари, Сăкăтри шкулсенчен ачасем килеççĕ.

Училищĕре выльăх-чĕрлĕх комплексĕнче, фермăсенче ĕçлекен анлă профиллĕ механизаторсене, электрооборудованипе ĕçлекен электромонтерсене те хатĕрлеççĕ. Херсем апат-çимĕç таварĕсем сутакан сутăçăсемпе поварсем хатĕрлекен ушкăнсенче пĕлӳ пухаççĕ.

### ВĔРЕНӲ ХУÇАЛĂХĔНЧЕ

Училищĕн вĕренӳ хуçалăхĕ — вĕренекенсемпе практикăлла ... килнĕ яшсемпе хĕрсем кунта тĕрлĕ ялхуçалăх культурисем çитĕнтереççĕ, пахчаçимĕçпе çĕрулми туса илеççĕ, ферма валли выльăх апачĕ хатĕрлеççĕ.

Тĕштырă тата выльăх апачĕ культурисене подрядлă звенопсем туса илеççĕ. Акă, кăçал М. Н. Маслеев ертсе çыракан звенори ачасем çĕрулмине 6 гектар çинче çитентерчĕ. Договорпа кашни гектартан 160 центнер продукци...

ыйту», çак сăмахсене педагогика ĕçĕн ветеранĕнчен И. В. Мулюковран пĕрре мар илтме тиврĕ.

— Ку ахальтен мар, — ăнлантарать Иван Васильевич, — мĕншĕн тесен пирĕн вĕренекенсен тăнтăшĕсем 9—10 классенче пĕлӳ пухаççĕ пулсан, кусен апшĕамăшĕсенчен уйрăлса вĕренме тивет. Вĕсене кунта тӳлевсĕр апат çитереççĕ тата тумлантараççĕ. Çавăнпа та вĕсенче çак пĕтĕм ырлăх ахаль пулманнине туйма, çитĕнне сын туйăмĕсене вăратма пулăшмалла. Эпир, вĕсен аслă юлташĕсем, канашсемпе пулăшса, сăпайлăхпа ыркăмăллăхăн пахалăх енĕсене вăратса аталантарма тăрăшатпăр.

Ахаль каланă сăмахсем пулмарĕç çаксем. Кунта вĕренекенсем юлашки пилĕк çулта уголовнăй майпа айăпламалли пĕр ĕç те туман. Патăрьелĕнчи профтехучилище ку тĕлĕшпе республикăри хăй йышшинчи вĕренӳ заведенийĕсем хушшинче чи кăтартуллисенчен пĕри шутланать.

### ПУШĂ ВĂХĂТ УСĂЛЛĂ ИРТЕТ

Вĕрентӳпе воспитани ĕçне пĕр тĕллевлĕ туса пынипе пĕрлех, кунта ачасене культурăллă канма, пушă вăхăта усăллă ирттерме мĕншур условисем туса пама тăрăшаççĕ. Училищĕре спорт секцийĕсем, тĕрлĕ кружоксем ĕçлеççĕ. Вĕсен ĕçне вĕренекенсен профкомĕ йĕркелесе пырать. Çул çитменнисене...

*Экономикăри хăйтĕллĕнлĕхшĕн*

## ХАЛĂХ УКÇИПЕ ТЕ УСĂ КУРМАЛЛА

Республикăн экономикăри хăйтĕллĕнлĕх условийĕсенче ...

### МАЛА ТУХНĂ

КУÇЛАВККА. «Тюрлеминский» совхозăн сысна ĕрчетекен комплексĕнче ... мар ĕне ферми йĕркеленĕ. Унта 25 пуç ĕне ...

заводĕсем, «Ковалинский» тата «Порецкий» крахмал заводĕсем, Ишлейри пысăк вольтлă аппаратура заводĕ, «Шемуршинский» апат-çимĕç комбиначĕ.

1988 çулхипе танлаштарсан, промышленность продукцийĕн калăпăшĕ 4,9 процент ӳснĕ.

Виçĕмçулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр халăха кирлĕ таварсем (арех-сăра хакне шутламасăр) 128,1 миллион тенкĕлĕх (10,1 процент) ытларах туса кăларнă, плана 74 миллион тенкĕлĕх ирттер-

хальхи мода ушăнавне тивĕстерме пултаракан «Н» индекслă тата договор хакĕпе сутакан таварсене 11 миллион тенкĕлĕх (планăн 104,8 процентчĕ) ытларах туса кăларнă. Çăмăл промышленность таварĕсен пĕтĕмĕшле калăпăшĕнче çĕнĕ йышши продукци тӳпи 42 процент. Виçĕмçулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр çĕнĕ йышши таварсем туса кăларасси 36,1 миллион тенкĕлĕх ӳснĕ.

Чăваш АССР Статистика управленийĕ.



Вăрнар районĕнчи Чапаев ячĕпе хисепленекен колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем юлашки икĕ çул хушшинче палăрмаллах ӳсĕмсем тунă. Сĕт сăвакансен кăтартăвĕсем уйрăмах савăнтараççĕ. Халĕ дояркăсем кунсерен ... пусне ... килограмм сĕт сăваççĕ.

Мария Максимовăпа Людмила Марченко дояркăсем.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕ.

паллаштарать. Каçал туса еçе кертме весене. Вĕренӳ пособийĕсемпе оборудованийĕсене вырнаçтарас тĕлĕшпе халь юлашки еççене пурнăçлаççĕ. Тренажерпа техника класе вĕренекенсене йышăнма хатĕр.

— Çулсерен вĕренӳпе кăтарту пособийĕсене, тĕрлĕ ялхуçалăх техникине çĕр ... туянатпăр, — тет Иван Васильевич. — Училищĕре автомобиль водителĕсене 1983 çултанпа хатĕрлетпĕр. Унтанпа 500 ытла çамрăк çак профессие алла илчĕ. Чылайăшĕ халь колхозсенче, Таван çĕршыван тĕрлĕ стройкисенче ĕçлеççĕ. Акă, пирĕн училищĕре вĕреннĕ Ю. Васюткин, В. Кириллов, А. Карамаликов, А. Яковлев çамрăксем çар техникине турттараççĕ. Вĕсем хăйсене водитель правине илме пулăшнăшăн, çирĕп дисциплинăлла, тарăн пĕлӳ пама тăрăшнă преподавательсене тав туса тăташах çыраççĕ.

— Автомобильпе тракторсем çине ларичччен çамрăксем малтанласа çак тренажерсем çинче хăнăхаççĕ, — тет Ф. Мышкин преподаватель. — Çак кабинета хатĕрлеме кăна 50 пин тенке такакларăмăр. Оборудование вĕренекенсемпе хамăр вырнаçтартамăр.

Унччен профтехучилищĕре аила профилле тракторист-машинист, автомобиль водителе, поварсем вĕрентсе кăларнă. Каçал тракторист-машинист-автомобиль водителе пулма хатĕрлекен ушкăнсем йĕркеленĕ. Совет Çарĕнчен таврăннă каччăсемпе тата çак профессие вăтам шкулта хăнăхнă арçын ачасемпе хĕрсем вуна уйăхран правасем илеççĕ.

Ялти строительство мастерĕсем хатĕрлекен ушкăнта каменщик, бетонщик, маляр-штукатур ĕçĕсене хăнăхаççĕ. Виçĕ çул вĕреннĕ хыççăн колхозсене пысăк пĕлӳллĕ специалистсем пулса таврăнаççĕ.

Вĕренекенсем информатика урокне чăтамсăррăн кĕтеççĕ. Дисплей класĕ çулталлăк каялла уçăлнă. Училище

пĕлӳ пухаççĕ.

## ВĔРЕНӲ ХУÇАЛĂХĔНЧЕ

Училищĕн вĕренӳ хуçалăхĕ — вĕренекенсемпе практикăлла занятисем ирттермелли выран. Ана 131 гектар çĕр уйарса панă. Ялсенчен килнĕ яшсемпе хĕрсем кунта тĕрлĕ ялхуçалăх культурисем çитĕнтереççĕ, пахчаçимĕçпе çĕрулми туса илеççĕ, ферма валли выльăх апачĕ хатĕрлеççĕ.

Тешпыра тата выльăх апачĕлĕх культурăсене подрядлă звеносем туса илеççĕ. Акă, каçал М. Н. Масяев ертсе пыракан звенори ачасем çĕрулмине 6 гектар çинче çитĕнтернĕ. Договорпа кашни гектартан 160 центнер продукци илме палăртнă пулнă. Тухăç кăтартăвне 192 центнера çитернĕ. Планран ирттерсе туса илнĕ продукцишĕн звено членĕсене укçан тӳленĕ. А. В. Николаев ертсе пынипе 5 гектар çинчен 425-шер центнер выльăх кашманĕ пуçтарса илнĕ.

Каçал пуçласа училищĕре вĕренекенсем хăйсем валли пахчаçимĕç туса илнĕ. Продукци шкул столовăйĕнче хĕл каçипех апат-çимĕç хатĕрлеме çитет.

Вĕренӳ хуçалăхĕ çулсерен çĕнĕ техникăпа пуянланать. Халĕ кунта тĕрлĕ маркăллă 22 трактор, 17 автомобиль тата ытти ялхуçалăх машинисем пур. Иртнĕ çулта «Дон» йышши комбайн туяннă.

Училищĕре пуян опыт пухнă, пысăк пĕлӳллĕ вунă преподаватель тăрăшать. В. М. Васюткина, В. Г. Саликов, Г. Н. Селенина, В. Н. Афанасьев, И. А. Кондратьева, А. Ф. Сукорова — педагогика ĕçĕн чăн-чăн новаторĕсем.

«Ачасене пĕлӳ пани çеç ситтелексĕр, вĕсене ĕçе юратма, ăна хисеплеме, уншăн «çунма» вĕрентсе воспитани парасси — паянхи пурнăç каларса тăратнă чи çивĕч

Ахаль калакă сăмахсем пулмарĕç çаксем. Кунта вĕренекенсем юлашки пилĕк çулта уголовнăй майпа айăпламалли пĕр ĕç те туман. Патăрьелĕнчи профтехучилище ку тĕлĕшпе республикăри хăй йышшинчи вĕренӳ заведенийĕсем хушшинче чи кăтартуллисенчен пĕри шутланать.

## ПУШĂ ВĂХĂТ УСĂЛЛĂ ИРТЕТ

Вĕрентӳпе воспитани ĕçне пĕр тĕллевлĕ туса пынипе пĕрлех, кунта ачасене культурăллă канма, пушă вăхăта усăллă ирттерме мĕнпур условисем туса пама тăрăшаççĕ. Училищĕре спорт секцийĕсем, тĕрлĕ кружоксем ĕçлеççĕ. Вĕсен ĕçне вĕренекенсен профкомĕ йĕркелесе пырать. Çул çитменнисен «Салют» клубне уçăлнипе вăхăт нумаях та иртмен. Çапах хăйĕн ырă ĕçĕсемпе паллă. Çамрăк мотоциклистсемпе фото ӳкерме юратакансен, винтовкăран тĕл перекенсен кружокĕсене кашни иккĕмĕш вĕренекен çӳрет.

А. А. Белкова воспитатель кружокне хĕрачасем «Хозяюшка» ят панă. Вăл тăрăшнипе хĕрсем ултă тĕрлĕ алĕç тума хăнăхаççĕ. Кружок членĕсем тĕрлеме, çĕвĕ машинипе çĕлеме тата тĕрлеме, алсиш-нуски çыхма, çăм çиппен çыхма пĕрремĕш хăнăхусем тăваççĕ. Малашлăха училище çумĕнче çĕвĕ цехне уçма палăртаççĕ. Çакăн валли Ульяновскри çĕвĕ фабрикипе договор тунă. Часах оборудовани кӳрсе килмелле.

Физкультурăпа спорта аталантарма та нумай вăй хураççĕ. Вĕренекенсен вăйĕпе спортзал тунă. Ирĕклĕ майпа кĕрешекенсен секцине СССР спорт мастерĕ Ю. Ф. Моисеев ертсе пырать. Занятисем хыççăн унта вуншар каччă хăйĕн ӳт-пĕвне аталантарать, Совет Çарне кайма хатĕрленсе сывлăхне туптать.

А. ЕМЕЛЬЯНОВ.
(Хамăр корр.).

*Экономикăри хăйтĕлленлĕхшĕн*

# ХАЛĂХ УКÇИПЕ ТЕ УСĂ КУРМАЛЛА

**Республикăна экономикăри хăйтĕлленлĕх условийĕсенче ĕçлесе пурăнма таварпа укçа хутшăнăвĕсене çирĕплетсе тата социализмла рынока йĕркелесе çитерме никĕс кирлĕ. Кунта вара тепĕр хут çакна калас пулать: çак никĕсе çирĕплетме нацин тупăшне валеçнĕ чухне кредит — укçа кивçен парса йĕркелемелли мелсем мала тухаççĕ. Çавна май республикăн кредит ресурсĕсемпе усă курмалли прависене ӳстермелле, вĕсене уçăмлăн палăртмалла.**

1988 çулта банксен системине çĕнетрĕç. Халĕ республикăра СССР Госбанкĕн Чăваш республика управленийĕ тата ятарлă банксем ĕçлеççĕ. Ятарла банксем çаксем: СССР Промстройбанкĕн 5, СССР Агропромбанкĕн 20, СССР Жилсоцбанкĕн управленийĕ, СССР Перекет банкĕсен 396 учрежденийĕ. Банксене çапла йĕркеленĕ чухне вĕсем пурте пĕр тытăмпа ĕçлĕç, тесе шутланă пулмалла, анчах пурнăçра ялан палăртнă пек килсе тухмасть. Пачах урăхла — 1988 çултанпа автономиллĕ республикăсемпе облаçсен кредитпа усă курмалли прависем хĕсĕнсех пыраççĕ.

Мĕнле пулса пырать-ха çакă? Малтан кредитсене центртан ятарлă банксем тăрăх пайласа параççĕ, вара, пĕрпĕр банкăн кредит çитмесен, тепĕр банкран илсе кусарма май çук. Тĕслĕхе, пĕлтĕр Жилсоцбанк управленийĕнче хăшпĕр отчетлă тапхăрсенче кĕске вăхăтлăх кредит ресурсĕсем 10 — 15 миллион тенкĕлĕх ирĕклĕ пулчĕç, çав вăхăтрах СССР Промстройбанкĕпе СССР Агропромбанкĕн республикăри учрежденийĕсен кредит ресурсĕсем çитмеççĕ. Вĕсем çӳлти ятарлă банксенчен пулăшу ыйтса çӳреççĕ. Паллах, яланах пирĕн ыйтусене тивĕçтерейместĕç. Çакă пĕтĕмпех вара республика прависене ӳстерсе пымалли çул-йĕре хирĕçлет. Çавăнпа та экономикăри хăйтĕлленлĕх условисенче ĕçлесе пурăнма хатĕрленнĕ чухне республика территорийĕнчех йĕркеленекен тата шута иленекен кредит ресурсĕсемпе пуринпе те республикăн хăйĕн хуçаланма право пулмалла.

Кредит ресурсĕсем, СССР банкĕн фончĕсĕр тата хушма укçа кăларнă — эмисси — ресурсĕсĕр пуçне, пурте республика территорийĕнчех йĕркеленеççĕ. Тĕпрен илсен, вĕсем предприятисен, организацисен, кооперативсен, обществăлла организацисен счечĕсенче юлнă укçа-тенкĕ, республикăн тата вырăнти бюджетсен укçи-тенки, капитальнăй строительство валли хывнă укçа-тенкĕ тата ытти те. Пĕтĕмĕшле илсен, вĕсен чи пысăк пайĕ — предприятисен тата халăхăн ирĕклĕ укçи. Анчах халлĕхе усă куракан нормăсем перекет банкĕсенче упранакан халăх укçи-тенкипе кредит пама республикăна чарса тăраççĕ.

Малтан шутласа пăхнă тăрăх, халăх укçи-тенкине шута илмесен, пирĕн республикăн кредит ресурсĕсем кирлĕ чухлĕ калăпăшăн 28-30 процентĕ çеç. Халăх укçипе те усă курсан вара ресурссем ытлашшипех пулмалла. Ун чухне республикăшăн усăллă майпа эпир кредит кӳршĕсене те, ытти регионсене те пама пултарăпăр.

Хальхи условисенче те халăхăн ирĕклĕ укçи-тенкипе усă курмалли майсене анлăлатма пулать. Кăна тума акцисем кăлармалли формăсемпе ĕçлемелле.

Халлĕхе хăйсем патĕнче ĕçлекенсем валли 4 ĕç коллективĕ çеç 1,6 миллион тенкĕлĕх акци кăларма документсем хатĕрленĕ: «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн кăтартуллă ятарлă стройтресчĕ, «Сура» агропромкомбинатăн Ленин ячĕпе хисепленекен колхозĕ, «Чувашгражданпроект» проект институчĕ тата Шупашкарти «Стройкерамика» завод. Кунсăр пуçне, пĕлтĕр «Чувашстрой» пĕрлешӳ предприятийĕсемпе ĕç коллективĕ, хăйсем тунă бланксемпе усă курса, 2 миллион ытла тенкĕлĕх акцисем кăларнă, вăл шутра çур миллионĕ — ĕç коллективĕнче çеç сармалли акци. Пĕрлешӳ акци кăлармалли условисемпе йĕркесене Пĕтĕм Союзри норма докуменчĕсемпе килĕшӳллĕ туса çитерсен, вĕсен акцийĕсене пĕр пĕтĕм йышши бланксемпе улăштармалла.

Куратпăр ĕнтĕ, республикăра халăхăн ирĕклĕ укçи-тенкине акцисем урлă ĕç валли хутшăнтарасси çителĕксĕр пулса пырать — халлĕхе перекет банкĕсене хывнă укçан 0,14 процентĕпе çеç усă куратпăр. Предприятисемпе организацисене ертсе пыракансем, ĕç коллективĕн совечĕсем çак ыйтăва тепĕр хут сӳтсе явмалла.

Хамăрăн кредит ресурсĕсем сахаллине тепĕр майлă та чакарма пулать. Центрти фондран е ытти регионсенчен ресурссем туяниччен маларах унччен хамăр республикăра панă кредитсене таварма тăрăшмалла. Чылай чухне ĕлекрех вĕсене хуçасарлăха, финанс тĕлĕшĕнчи йывăрлăха саплама çеç панă çке!

Пĕлтĕрхи 9 уйăхра çапла майпа кивçен илнин 49,3 миллион тенкине таварнă, анчах октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тата тавармалли 221,7 миллион тенкĕ юлнă. Ку вăл кĕске вăхăтлăх памалли кредит калăпăшĕн 25,7 процентчĕ.

Каялла тавармалли вăхăтне татах тăсса панă ссуда Госагропром предприятийĕсемпе организацийĕсен уйрăмах пысăк — 181,9 миллион тенкĕ. Тĕрĕссипе, вĕсен 28 процентне тупăшлă колхозсемпе совхозсемех тытса тăраççĕ.

Республикăри хуçалăх механизмне çĕнĕ шая çĕклесе аталантарнă май, çак пулăмсен пĕлтерĕшне банк системинче ĕçлекен кашни çын, кунсăр пуçне хуçалăх органĕсем пурте çĕнĕрен тарăн ăнланма тăрăшмалла, ĕçре тĕрĕс усă курмалла. Çапла тусан çеç республикăн экономикăри хăйтĕлленлĕхĕ çĕнĕ условисенче çирĕп пулĕ.

**И. УШАКОВА,**
**СССР Госбанкĕн Чăваш республика управленийĕн начальникĕн заместителĕ — банксен ĕçне координацилекен пай начальникĕ.**

**Л. КУРАКОВ,**
**экономика наукисен докторĕ, Чăваш государство университечĕн профессорĕ.**

## МАЛА ТУХНĂ

КУСЛАВККА. «Тюрлеминский» совхозăн сысна ĕрчетекен комплексĕнче пысăках мар ĕне ферми йĕркеленĕ. Унта 25 пуç ĕне усраççĕ. Кунта туса илнĕ сĕте совхозри ачасен всли-садне, комплексри çурасене уйăрса параççĕ.

Ушкăна Александр Петрович Ирдушкинпа унăн ывăлĕ Николай пăхаççĕ. Куллен Ирдушкинсем ĕне пуçне 13—14 килограмм сĕт сăваççĕ. Иртнĕ çул çак ферма кашни ĕнерен 4570 килограмм сĕт сунă.

Выльăхсене лайăх пăхни, апата тутлăлантарса пани, фермăри мĕнпур ĕçе тĕрĕс йĕркелесе пыни пысăк ӳсĕм тума пулăшать те.

**В. ЗАХАРОВ.**

## ЛАЙĂХХИСЕН ШУТĔНЧЕ

Нумай пулмасть ăратлă выльăх ĕрчетекенсен Пĕтĕм Союзри 18-мĕш конкурсĕ пулса иртнĕ. Унта çĕршыври ăратлă выльăх ĕрчетекен фермăсем, предприятисем 500 ытла хутшăннă. Ăратлă лаша ĕрчетекен хуçалăхсем хушшинчи конкурсра Етĕрнери «Чувашсков» лаша заводĕ лайăххисен шутне кĕнĕ.

**Л. АЛЕНКИН.**

*Çивĕч сигнал*

# ВИТЕРЕ—«ШУРЛĂХ»

Ял çынни аван пĕлет: сысна — лачакана юратакан выльăх. Çулла пĕр-пĕр лачкашка тупать те пылчăкра мăшлатса çеç выртать. Çапла майпа шăрăхран сыхланать. Çав чĕрчун хĕлле те лачакара выртнине ку таранччен курманччĕ. Канаш районĕнчи «За коммунизм» совхозра курма тӳр килчĕ.

— Ман хыçран утăр, — терĕ Альбина Табакова сысна пăхакан, витене кĕрсен. — Атту такăнса ӳкетĕр е урăрсене йĕпететĕр.

Тĕттĕмре куç хăнăхиччен алăк патĕнчен иртмесĕр тăтăмăр. Курăнма пуçласан, тĕлĕнсе хытсах каймалла пулчĕ. Амасенчен уйăрнă çурасем те, çитĕнсе çитнĕ сыснасем те пĕр-пĕрин çумне терĕнсе йĕпе урайĕнче выртаççĕ.

— Хир сыснисем усрамастăр пулĕ те? — ыйтатпăр свинаркăран.

— Хир сыснисем те шурлăхра пурăнаймаççĕ пуль, — хаш сывласа илчĕ вăл.

— Заведующи пур-и сирĕн?

— Пур. Роза Михайловна Александрова. Питĕ лайăх çын — каласăва Алексей Александрович кочегар хутшăнчĕ. — Эпир ăна район Советне депутата суйлама кандидата тăратрăмăр.

Роза Александрова, чăнах та, лайăх çын пулĕ. Анчах вăл канаçсăр чунлă руководитель пулни туйăнмасть. Тислĕк шĕвĕкĕ витерен тухманнине, урай хăмисем çĕрсе пĕтнине курмасть заведующи.

— Директор, Купцов Геннадий Васильевич, хăма тупса памасть, — хута кĕреççĕ свинаркăпа кочегар.

Çăвăрланă амасем тытакан уйрăма кĕтĕмĕр. Кунта кăшт аванрах, типĕрех, тасарах. Анчах валашкасенче сĕлĕ пăттине асăрхарăмăр. Паллă ĕнтĕ, ку лаша апатне сысна çурисене çитермелле мар. Урăх апат çук е памаççĕ?

— Пăрçа та, урпа та çителĕклех, — пĕлтерчĕ каярахпа Вячеслав Андреев тĕп агроном. — Илмеççĕ.

Йĕпе-сапара тата пурлă суклă апатпа усракан выльăхран продукци илме пулать-и?

1988 çулхи вуппĕр уйăхра ку фермăра 974 çура илнĕ, 1989 çулхи çав тапхăрта — 793 пуç. Ӳтхушаслăх пирки асăнмаççĕ те. Çавăнпа та совхоз аш-какай хатĕрлемелли заказа аран-аран пурнăçлакалать.

**В. ВАСИЛЬЕВ.**
**(Хамăр корр.).**

*Вуласа тухăр, вырăнта усă курăр*

# УСĂЛЛĂ ПРЕПАРАТ

Выльăх-чĕрлĕх продуктивлăхне ӳстерес тĕллевпе рациона биоактивлă япаласем хушаççĕ. И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн сăнав участокĕнче «Бальзам-ЭКБ» ятлă биопрепарат хатĕрлеççĕ. Ăна СССР Агропромĕн ветеринари управленийĕпе Фармокологи совечĕ çирĕплетнĕ.

Наука тĕпчев лабораторийĕ тата гидрохимипе биопрепаратсен лабораторийĕ çак препарата пĕлтер колхозсемпе совхозсене, ытти республикăсемпе облаçсен хуçалăхĕсене 20 тонна сутнă.

Препарата Горький облаçĕнчи, Пушкăрт тата Удмурт АССРĕсенчи, Куйбышев, Волгоград, Ярославль, Челябинск, Свердловск облаçĕсемпе ытти облаçсенчи чăх-чĕп фабрикисемпе хуçалăхсем туянаççĕ.

Малашне «бальзам» серийĕпе ытти тĕрлĕ препаратсем те хатĕрлеме пуçлатпăр.

Пирĕн республикăра çак препарата 1982 çулта Шупашкар районĕнчи «Лапсарская» чăх-чĕп фабрикинче тĕрĕслесе пăхма тытăннă. Малтанхи вăхăтра чĕпсен йышĕ 82—83 процент упранса юлнă пулсан, тепĕр виçĕ çултан, çак препаратпа усă курсан, ку кăтарту 95 — 96 процента çити ӳснĕ, чăхсенчен çăмарта нумайрах илме тытăннă.

Çамрăк пăрусем самăртас енĕпе пĕррремĕш сăнавсене «Чебоксарский» совхозри Чантăрти ĕне ферминче 1983 çулта туса ирттернĕ. Выльăхсен ӳтхушаслăхĕ 31 процент ӳснĕ. «Ишлейский» совхозпа Çĕмĕрле районĕнчи «Шумерлинский» совхозсенче ирттернĕ сăнавсем те çак препарат усси пысăк пулнине çирĕплетсе пачĕç. Сăнавсене Горькири наука тĕпчев ветеринари институчĕн Чăваш республикинчи уйрăмĕн сотрудникĕсемпе пĕрле ирттернĕ.

Каçал «Бальзам-ЭКБ» биопрепарата уйрăм çынсемпе арендаторсене те сутма тытăнтăмăр.

Препарат хушса панă чух пăрусен ӳтхушаслăхĕ 20 процентран та иртет. 20 кунхи пăрăва препарата талăкра 0,5 миллилитр, пĕр уйăхран иртнисене 1 миллилитр памалла. Биопрепарата 2 — 3 кун сиктерсе пĕтĕмпе 7 хут памалла, унтан 8 — 10 талăк тăхтамалла. Çак вăхăт иртсен, ăна каллех выльăхсене хушса пама тытăнмалла.

Препарат хушса парсан выльăхсем çулталăкра 400 килограма е унран та ытларах виçене çитме пултараççĕ. Тĕрĕссипе вара колхозсемпе совхозсенче выльăхсене çак виçене çитерме 18 — 20 уйăх каять.

«Бальзам-ЭКБ» препарат хуçалăхсене экономика тĕлĕшĕнчен пысăк усă кӳрет. Вăл сынсен ĕçне, выльăх апатне перекетлеме, ытти тăкаксене чакарма май парать.

Унпа уса курни комплекса е районă мĕн чухлĕ уса кӳнине çăмăллăнах шутлама пулать. Калăпăр, районта 2 пин çамрăк выльăх самартаççĕ пулсан, таса тупăш виçĕ пĕр миллион тенкĕ ытла пулать.

Шел пулин те, çак препарата пирĕн республикăри хуçалăхсенче, чăх-чĕп фабрикисенче хакламанни пăшăрхантарать. Ытларах аш-какай, çăмарта илес тесе тăрăшакан хуçалăхсене пирĕн лабораторри пысăк пулăшу пама пултарнă пулĕччĕ.

**И. КИСЕЛЕВ,**
**Чăваш государство университечĕн доценчĕ, гидрохимипе биопрепаратсен лабораторийĕн руководителĕ.**

## ТĂВАН СССР ÇĔРШЫВРА

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕÇÇĔ

### Тольятти

СССР 58 çул туптарнă ятпа хисепленекен Волжскри автозаводри Ю. Сидоров металлург лайăх парне илнĕ. Çĕнĕ çул уявĕ хыççăн отпуска тухсан, ăна 150 тенкĕ тата тепĕр виçĕ кун отпуск çумне хушса панĕ. «АвтоВАЗăн» ĕç коллективĕн совечĕн решенийĕпе январь уйăхĕнчен пуçласа заводра ĕçлекенсене чылай çăмăллăх параççĕ. Çав шутра ачисем виçĕ çула çитиччен вĕсене ĕçе тухмасăр пăхакан амăшĕсене уйăхсерен 50-шар тенкĕ хушса тӳлеççĕ. Пенсионерсене укçа хушса тӳлеме те положени çирĕплетеççĕ.

### Амур çинчи Комсомольск

Амур çинчи Комсомольскри «Амурлитмаш» заводра ĕçлекен рабочисемпе служащисен вуншар çемйи 36 хваттерлĕ çĕнĕ çурта пурăнма куçнă. Ăна хуçалăх меслечĕпе туса лартнă. Хăйсен ĕç вырăнĕсенчен вăхăтлăха уйрăлнă специалистсем çулталăкран та сахалрах вăхăтра çак çурта туса лартнă. Ку вăл предприятин тăваттăмĕш çурчĕ. Кунта строительсен кадрĕсене хатĕрлеççĕ, строительство индустрийĕн никĕсне аталантараççĕ, кирлĕ материалсем туса кăларакан ытти предприятисемпе кооперации çыхăнăвĕсем йĕркелеççĕ. Халĕ 262 хваттерлĕ çурт тума тытăннă.

### Самарканд

Самаркандри «Кинап» заводран тивĕçлĕ канăва кайнă работниксем уйăхсерен пенси укçи çумне хушма пособи илсе тăрĕç. Çакăн синчен предприятири ĕç коллективĕн совечĕ тата профсоюз комитечĕ решени йышăннă. Укçа-тенке завод фондĕнчен уйăраççĕ. Облаçри ытти предприятисем те ветерансемшĕн нумай тăрăшаççĕ. Самарканд облаçĕнчи профсоюзсен совечĕ тата вырăнти тĕрлĕрен обществăлла организацисем кăçал пенсионерсемпе сахал тупăшлă çемьесем, тăлăха юлнă ачасем валли вуншар пин тенкĕ уйăрса параççĕ.

### Орджоникидзе

# КУÇА-КУÇĂН КАЛАÇМАЛЛА

### ● Идеологи ĕçĕ: çĕнетӳ çулĕпе

Çĕршывра лару-тăру çăмăл мар. Воркутари шахтерсем, акă, чылай вăхăт забастовка турĕç. Çавна май хаçалăхне темиçе пин тонна çĕркăмрăк парса çитермен. Хăшпĕр производство хăвачĕсем тулли хăватпа ĕçлеймерĕç. Камсене усă пулчĕ? Пысăк сиен кӳнисĕр пуçне, лайăххине курмастăп кунта. Пĕтĕм çĕршывĕпех забастовкăсемпе митингсем ирттерме пуçласан, ахаль те хавшаса çитнĕ экономикăпа эпир тата ытларах каялла чакма пуçлăпăр. Ку вара ырри патне илсе çитермĕ. Таварсем çитменнине пула халăх пушшех пăлханма тытăнĕ. Ара, санă таварса ĕçлемесен, пурнăç условийĕсене ăçтан лайăхлатăн? Çавăнпа халĕ вăхăта площадьсемпе урамсенче пустуй калаçса ирттермелле мар, тесшĕн эпĕ, кашнин хăйĕн ĕç вырăнĕнче пысăк хастарлăх кăтартмалла, сĕннине пурнăçа кĕртме тăрăшмалла.

Пирĕн завод плансене çулсерен пурнăçласа пырать. Аталанусăр тапхăртанпах çапла. Халиччен те партком политика ыйтăвĕсемпе заводра ĕçлекен кашни çынпа тенĕ пекех пĕр чĕлхе тупнă. Кăçал вара ку тĕлĕшпе хăшпĕр рабочисем пачах урăхларах шутлани палăрчĕ. Эпĕ тĕрлĕ шухăшлăха хирĕç мар-ха. Кунтан та ытларах — вăл вăй илсе пынăшăн савăнатăп çеç. Анчах ĕçĕ пачах урăххинче. Астăватăп-ха, пĕлĕме яштака çамрăк кĕрсе тăчĕ те сывлăх сунчĕ.

— Эпĕ — Федор Югин, —терĕ вăл. — Мана çак пĕлтерĕве сарма пулăшаймастăр-ши?

Унта мĕн çырнине пĕлмесĕр, документсем саракан машинăпа усă курма мĕнле ирĕк парăн-ха? Пĕлтерӳре заводри рабочисене, инженерсемпе техниксене çĕнетĕве хӳтĕлекен фронта кĕме чĕнсе каланă. Тӳрех калатăп, килĕшмерĕ мана çак чĕнӳ. Мĕншĕн? Юлашки вăхăтра çĕршывра ĕççыннисене тĕрлĕ организаци пĕрлешме нумай хĕтĕртеççĕ. Хăйсен ĕçне-хĕлне тӳрременех производство кăтартăвĕсене лайăхлатассишĕн туса пырсан нимех те каламăттăм. Çукçке. Çынсене забастовкăсемпе митингсене хăвалаççĕ. Эпир, коммунистсем, çак çулпа каймастпăр. Каярахпа Ф. Югин рабочипе завод директорĕ те, манăн заместитель те калаçнă. «Çĕнетĕве малалла ярас тесен, ĕç вырăнĕнче хастар пул, производство ыйтăвĕсене татса пама хутшăн», — тенĕ ăна. Пурпĕр хăйĕннех перет. Цехра унăн сăмахне итлемеççĕ, имĕш. Çавăнпа вăл заводра çĕнетĕве хӳтĕлекен фронтăн пуçламăш организацине йĕркелесшĕн. Ф. Югина теори ыйтăвĕсем çеç интереслентереççĕ. Пирĕн шутпа вара хальхи вăхăтра чи кирли — производствăпа социаллă пурнăç ыйтăвĕсене татса парассишĕн çине тăрса ĕçлесси. Кама кăна критиклемесçĕ-ши Югин пеккисем? Партие «сисе ямани» çеç юлнă ĕнтĕ. Урам варринче çĕмрĕк ешĕк выртнăшăн та, автомашина кузовĕнчен раствор тăкăнса пынăшăн та вăл айăплă иккен. Критиклеме пулать-ха ăна. Сăмахран, эпĕ завод директорĕн ĕçĕнче çитменлĕхсем нумай куратăп. Анчах ниçта кайса кĕмелле мар критиклесех вĕсене кĕске вăхăтра пĕтерме пулĕ-ши? Çитменлĕхсене пĕтерме кашнин хутшăнмалла.

Теори ыйтăвĕсем пирки хĕрӳленсе калаçнине хирĕç мар-ха эпĕ. Вĕсене рабочисем лекци кунĕсенче, тĕлпулусенче, политкунсенче час-часах хускатаççĕ. Анчах теори ыйтăвĕсем хăйсемшĕн çеç ан пулччăр. Вĕсене производство хутшăнăвĕсемпе çыхăнтарса сӳтсе явмалла. Шел те, ку вара нумайăшĕн çитмест.

Çĕршывра экономика, социаллă пурнăç, наци ыйтăвĕсем çивĕчленсе çитрĕç. Пур çĕрте те митингсемпе забастовкăсем ирттернипе кризисран тухма пулĕ-ши? Çапла, çитменлĕхсем нумай. Вĕсене пĕтерсе пымалла. Килĕшетĕп. Анчах кашни ыйтупа уйрăммăн, тимлĕ ĕçлемелле. Идеологи ĕçне пăхах çакна шута илсе туса пыратпăр. Унччен пире халăхпа çыхăнса ĕçлеместĕр тесе ӳпкелетчĕç. Халĕ вара кун пек калаçнине илтмен. Кунта партком çумĕнчи информаци ушкăнĕсен тӳпи пысăк пулнине палăртмалла. Вĕсене партком секретарĕ, завод директорĕ, главнăй специалистсем, цех начальникĕсем, парти организацийĕсен секретарĕсем, инженерсем кĕреççĕ. Кашни уйăхра тенĕ пекех çак ушкăнсем рабочисемпе тĕл пулаççĕ. Тĕрлĕ ыйтусем çĕклеççĕ çынсем. Вĕсем çине сийĕнчех ответ парайманнисене хаçат урлă хуравлатпăр. Пĕр тĕлпулура заводра ĕçлекенсене гаражпа тивĕçтерес ĕç мĕнле пыни пирки ыйтнăччĕ. Ку тĕлĕшпе пăшăрханмалли сукрах. Тепĕр тăватă çултан пурне те гаражпа тивĕçтеретпĕр. Рабочисем Шупашкарти Ашмарин урамĕнчи 14-мĕш тата 16-мĕш çуртсене пăхса вĕсем вырăнне хваттер уйăрма сĕнчĕç. Пыпăннă çак сĕнĕве. Ку çуртсенче пурăнакансене 1990—91 çулсенче хваттерпе тивĕçтерме палăртнă. Пур ыйтăва та «тĕрĕслемелле» текен картотекăна хурса пыратпăр. Вĕсене специалистсем, общественăлла организацисенче ĕçлекенсем пăхса тухаççĕ.

Тĕлпулусенче ĕççыннисене мĕн хумхантарнине, вĕсен шухăш-кăмăлне пĕлетĕн. Çакă вăл хальхи вăхăтра парти работникĕсемшĕн уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ. Рабочисем хушшинчи лару-тăрăва лайăх туймалла пирĕн. Çавăн чухне тин политика ыйтăвĕсене татса пама çăмăлрах пулĕ.

Парти ĕçĕнче йывăр халĕ. Парти работникĕн хăй тĕрĕс шутланине ĕнентерме пĕлмелле. Астăватăп-ха, çĕнетӳ пуçлансанах хăшпĕр коммунистсем политикăпа çыхăннă çивĕч калаçусенчен пăрăнатчĕç. Юлашки вăхăтра çакна пĕтерсе пыни сисĕнет. Заводри коммунистсем çĕнетӳпе çыхăннă ыйтусенчен пăрăнмасăр сивлетпĕр эпир. Вĕсен КПСС позицине хӳтĕлеме пултармалла. Ку тĕлĕшпе цехсенчи тата пайсенчи парти организацийĕсенче куллен ĕçлетпĕр.

Юлашки вăхăтра парти авторитечĕ чакни пирки нумай калаçаççĕ. Ку вăл парти органĕсене ним вырăнне хумалла мар тенине пĕлтермест. Çак кунсенче заводра «Партком камсем депутат пулассине халех палăртса хунă», — текен хыпар сарăлнă. Мĕншĕн чуххăмăн калаçмалла-ха? Вырăнти Советсен суйлавне çӳлтен кăтартса панипе ирттермеççĕ халĕ. Заводри рабочисен хăйсен ирĕкĕ: камсене кандидата тăратас теççĕ — тăратчăр. Партком енчен нимĕнле чару та çук. Пачах тепĕр майлă. Заводра суйлав ыйтăвĕпе ĕçлеме рабочисен ушкăнне йĕркелемешкĕн чи малтанах эпир сĕнӳ патăмăр. Енчен те партком пуçарман пулсан, çак ушкăна никам та йĕркелес çукчĕ.

Çӳлерех палăртнăччĕ ĕнтĕ, парти работникĕсен ĕççыннисен шухăш-кăмăлне лайăх пĕлсе тăмалла. Ытларах вĕсен ĕç тата пурнăç условийĕсемпе интересленмелле. Заводра «Тӳрĕ лини» ирттересси йăлана кĕчĕ. Рабочисен ыйтăвĕсем çине телефонпа завод директорĕ О. А. Волков, профком председателĕ В. Н. Макаров, директорăн экономика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Я. Г. Кунявский, специалистсем ответленĕ. Кунашкал формăпа малашне те усă куратпăр.

Калас пулать, юлашки вăхăтра комсомолецсемпе тата çамрăксемпе ĕçлессине вăйлатрăмăр. Унччен чылай цехра комсомол организацийĕсем ячĕшĕн çеç шутланса тăнă пулсан, халĕ вара вĕсем самай çирĕпленчĕç. Çакна эпĕ чи малтанах ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ пулма З. Л. Зарифуллова суйланипе çыхăнтаратăп. Вăл хăйне шаннă ĕçе тăрăшса туса пырать, çамрăксене тивĕçлĕ воспитани парас тĕлĕшпе нумай ĕçлет.

«Коммунистсен яланах малти ретре пулмалла!» текен лозунг аталанусăр тапхăрта хăйĕн пĕлтерĕшне самаях çухатрĕ. Ман шутпа, хальхи вăхăтра ăна çĕнĕрен вăй илтермелле.

**В. ИВАНОВ,**
Шупашкарти агрегат заводĕнчи партком секретарĕ.

*КПСС обкомĕнче*

# ПАРТИ ЕНЧЕН ТӲРРЕ КĂЛАРНĂ

**КПСС обкомĕн бюровĕн 30—40-мĕш çулсенче тата 50-мĕш çулсен пуçламăшĕнче тасаран айăпланă коммунистсене парти енчен тӳрре кăларас ыйтупа материалсем хатĕрлес тата çав ыйтăва пăхса тухас енĕпе ĕçлекен комиссийĕ черетлĕ ларура 1937—1938 çулсенче халăх тăшманĕсем вырăнне хурса тата халăх тăшманĕсемпе çыхăну тытнăшăн айăпласа партирен кăларнă И. П. Родина, А. Ф. Шигаева, Н. Ф. Юрьева парти енчен тӳрре кăларассипе çыхăннă материалсене пăхса тухнă.**

**Документсене тишкерсе, çакна палăртнă: асăннă çынсене сăлтавсăрах партирен кăларнă тата вĕсенчен хăшпĕрисене сăлтавсăрах репрессиленĕ. Комисси КПСС обкомĕн бюровне çӳлĕрех асăннă çынсене (вилнĕ хыççăн) парти енчен тӳрре кăлармашкăн сĕнме йышăннă.**

**КПСС Чăваш обкомĕн бюровĕ 1989 çулхи декабрĕн 26-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх çаксене (вилнĕ хыççăн) парти енчен тӳрре кăларнă:**

**Иван Петрович РОДИНА.** 1887 çулта çуралнă. 1918 çултан пуçласа 1937 çулхи мартчен ВКП(б) членĕ пулнă. Хусан чугун çулĕн паровоз службин 2-мĕш уйрăмĕн (Улатăр хули) начальникĕ пулнă.

ВКП(б) Улатăр райкомĕн бюровĕ 1937 çулхи февралĕн 22-мĕшĕнче йышăннă решени тăрăх И. П. Родина «троцкистсемпе, тăшманла элементсемпе çыхăну тытнăшăн, вĕсен сăтăрлă ĕçне хӳтĕленĕшĕн, вĕсене чи лайăх çынсем пулнă пек кăтартнăшăн, чугун çул транспорчĕн чи кирлĕ чылай предприятийĕсен руководителĕ пулнă май сăтăрлă элементсене хирĕç тивĕçлипе кĕрешес вырăнне хăйĕн ĕçĕсемпе халăх тăшманĕсене чугун çул транспортне аркатма пулăшнăшăн, партие улталанăшăн, «икĕпитленнĕшĕн» партирен кăларнă. ВКП(б) райкомĕн çак решенине 1937 çулхи мартăн 23-мĕшĕнче партин Чăваш обкомĕн бюровĕ çирĕплетнĕ.

И. П. Родина НКВД органĕсем Хусан чугун çулĕ çинче Япони разведкин заданийĕпе ĕçлекен японла-троцкистла, шпионла-террористла, диверсиллĕ-сăтăрлă организаци членĕ вырăнне хурса арестленĕ. 1937 çулхи декабрĕн 28-мĕшĕнче Тутар АССР НКВД çумĕнчи тройка постановленийĕ тăрăх И. П. Родина чи пысăк наказани пама — персе вĕлерме пригово́р йышăннă.

Чăваш АССР Верховнăй сучĕн президиумĕ 1958 çулхи июнĕн 6-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх Тутар АССР НКВД çумĕнчи тройка 1937 çулхи декабрĕн 28-мĕшĕнче И. П. Родин пирки йышăннă постановленине пăрахăçланă, преступлени тупаллă пулман пирки унăн ĕçне чарса лартнă.

**Александр Федорович ШИГАЕВА.** 1891 çулта çуралнă. 1926 çултан пуçласа 1937 çулхи августчен ВКП(б) членĕ пулнă. Улатăр райĕçтăвкомĕнче ĕçленĕ.

ВКП(б) Улатăр райкомĕн бюровĕ 1937 çулхи августăн 10-мĕшĕнче йышăннă решени тăрăх А. Ф. Шигаева «контрреволюциллĕ ĕçшĕн айăпласа» ВКП(б) членĕнчен кăларнă. 1937 çулхи июлĕн 18-мĕшĕнче А. Ф. Шигаева арестленĕ. Чăваш АССР НКВД çумĕнчи спецтройка 1937 çулхи октябрĕн 8-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх Латвишĕн усăллă шпионла ĕçшĕн айăпласа чи пысăк наказани пама — персе вĕлерме йышăннă.

СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ 1989 çулхи январĕн 16-мĕшĕнче кăларнă Указпа килĕшӳллĕн А. Ф. Шигаева судпа тӳрре кăларнă.

**Николай Федорович ЮРЬЕВА.** 1906 çулта çуралнă. 1932 çултан пуçласа 1938 çулхи ноябрьчен ВКП(б) членĕ пулнă. Шупашкарти рабфакпа колхоз кадрĕсен шкулĕн директорĕ пулса ĕçленĕ.

1938 çулхи сентябрьте ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн бюровĕ Н. Ф. Юрьева «парти членĕн пысăк ятне тӳрре кăларманшăн» айăпласа ВКП(б) членĕнчен кăларнă. Çак решение 1938 çулхи ноябрĕн 8-мĕшĕнче Парти контролĕн комитечĕн Чăваш АССРĕ енĕпе ĕçлевĕ партколлегийĕ çирĕплетнĕ.

Ăна партирен кăлармалли тĕп сăлтав çакă пулнă: Николай Федорович хăйĕн тăванĕсене — «буржуалла националистсене» Петрпа Михаила хӳтĕленĕ. Кусене НКВД органĕсем тытса хупнă пулнă.

ВКП(б) обкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ пулса ĕçленĕ Петр Федорович Юрьева НКВД органĕсем 1937 çулта «сăтăрлă ĕçсем тунăшăн» арестленĕ. РСФСР Прокуратури 1956 çулхи мартăн 6-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх, унăн ĕçĕсенче преступлени пулманнине шута илсе, унăн ĕçне чарса лартнă. Ăна парти енчен тӳрре кăларнă. Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин тата Государство хăрушсăрлăхĕн комитечĕн даннăйĕсем тăрăх, Михаил Федорович Юрьева репрессиленмен.

# ПЫСĂК САВĂНĂÇ

Ултă çула çитиччен манăн хĕрача Светлана чип-чиперех аталанса пычĕ. Ӳс-пуç енчен те, ӳт-пӳ тĕлĕшĕнчен те. Иртнĕ çу варринче вăл пĕр кĕтмен çĕртен йăшма пуçларĕ. Кăмăлĕ сӳрĕкленчĕ. Хăйне хăй тыткалассе те унччен хиччен улшăнсах пычĕ.

Тухтăрсем патне çӳреме тытăнтăмăр. «Маларах илсе килмеллечĕ хĕрачуна», — терĕç пĕрисем. «Ӳсресен те — усси пулĕ-ши?» — пуçĕсене пăркаларĕç теприсем. Аптăранă енне, Мускава та çитсе куртăмăр. «Шанăç питĕ сахал, темле асамлă хăват кăна çăлса хăварма пултарĕ Светланăна», — терĕç унти пысăк специалистсем. Ĕç тухмарĕ, темелле.

Унтан каллех Шупашкара таврăнтăмăр. Республикăри тĕп больницăн неврологи уйрăмĕн заведующийĕ Р. П. Губарь ман хĕрачана хăй йышăнчĕ. Вăл ырми-канми çине тăнипе Светлана кунран-кунах самайланса пычĕ. Пĕр уйăхранах ăна, сывалас шанăçа уйччен пусĕпех çухатнăскере, больницăран чип-чипер илсе таврăнтăм. Халĕ ăпа никам та çулталăк каярах вилĕм алăкĕ умĕнче тăнă, тесе калас çук.

Кунтан пысăкрах савăнăç пулассăн та туйăнмасть мана. Çакăншăн хама Роза Пантелеевна умĕнче ĕмĕр-ĕмĕрех тавăрайми парăмра тесе шутлатăп.

**Т. ИВАНОВА,**
суту-илӳ работникĕ.
Вăрмар поселокĕ.



### ● Çĕнĕ кĕнеке

# ВĂРÇĂ ПАТТĂРĔСЕМ ÇИНЧЕН

99-мĕш стрелковăй дивизи Аслă Отечественнăй вăрçа малтанхи сехетсенчех кĕнĕ. Дивизири 197-мĕш полк, сăмахран, Перемышль хулине икĕ пая уйăракан Сан шывĕ урлă хывнă чугун çул кĕперне, электростанцие тата апкакай комбинатне хӳтĕленĕ. Хаяр çапăçу вăхăтĕнче вĕсем пĕр аларан тепĕр алла темиçе хут та куçнă. Вăрçă пуçламăшĕнче 99-мĕш дивизи Перемышле çапла паттăррăн хӳтĕлени Аслă Отечественнăй вăрçă историне кĕрсе юлнă. Кĕнекере палăртнă тăрăх, 99-мĕш стрелковăй дивизи вăрçăн малтанхи уйăхĕнче нимĕçсен виçĕ дивизине тĕппипех аркатса тăкнă.

Асăннă дивизире чăвашсем

# ПУР ĔÇРЕ ТЕ ĂСТА

...водран тивĕçлĕ кенĕва кинĕ работниксем уйăхсерен пенси укçи сумне хушма пособи илсе тăрĕç. Çакăн синчен предприятири ĕç коллективĕн совечĕ тата профсоюз комитечĕ решени йышăннă. Укçа-тенке завод фондĕнчен уйăраççĕ. Облаçри ытти предприятисем те ... уйăраççĕ. Самарăри облаçĕнчи профсоюзсен совечĕ тата вырăнти тĕрлĕрен обществăлла организацисем кăçал пенсионерсемпе сахал тупăшлă çемьесем, тăлăха юлнă ачасем валли вунăшар пин тенкĕ уйăрса параççĕ.

## Орджоникидзе

Моздок районĕнчи виçĕ пысăк яла — Кизляр, Раздольное тата Виноградное ялĕсене çутçанталăк газĕ пыма тытăннă. Вырăнти хуçалăхсемпе тата «Терек» агрокомбинатпа килĕшÿ тунă хыççăн «Южгазстрой» управленин монтаж бригадисем 35 километра тăсăлакан газ пăрăхĕ хывса пĕтернĕ. Çак пилĕксуллăх вĕçленнĕ тĕле Çурçĕр Осетири тата тепĕр 20 пин çурта газпа тивĕçтерме палăртнă. Ялхуçалăхăн пысăк объекчĕсене те газ магистралĕсемпе çыхăнтараççĕ.

## Кишинев

Тин çеç туса лартнă картон фабрикинчен республикăри апат-çимĕç промышленноçĕн предприятийĕсем валли тара ăсатма тытăннă. Фабрика çулталăкра 100 пин тонна картон тата тара туса кăларма пултарать. Предприятире иккĕмĕшле чĕртаварпа — кивĕ хутпа усă курма тытăнни çулсерен 24 пин гектар вăрмана упраса хăварма май парать.

## Кировск

Могилев облаçĕнчи Кировск районĕнчи К. П. Орловский ячĕпе хисепленекен «Рассвет» колхозри хĕрарăмсем çĕнĕ çулта хăйсен хуçалăхĕнче çĕленĕ кĕпе-тумтир ... тăхăнма тытăннă. Хуçалăхра унччен колхоз кантурĕ пулнă çурта юсаса çĕнетнĕ, атă-пушмак фабрикисенчен шутран кăларнă оборудовани туяннă, ăна юсаса вырнаçтарнă. Атă çĕлеме пултаракан ăстасем вара хуçалăхрах тупăннă.

## Чимкент

Тюлькубас районĕнчи Ванновка ялĕнче çак кунсенче Казахстанри чи пысăк ял универмагĕ хута кайнă. Унăн суту-илÿ лаптăкĕ — 2500 тăваткал метр. Райпотребсоюзра ĕçлекенсем тĕрлĕ хуласенчи заводсемпе тата фабрикăсемпе тÿрĕ çыхăнусем йĕркеленĕ, хăйсен партнерĕсем патне тĕрлĕрен пахчаçимĕçпе улма-çырла ăсатма тытăннă, ун вырăнне вара каялла промышленность таварĕсем кÿрсе килнĕ.

---

Шупашкар районĕнчи «XXV съезд КПСС» совхозра кăçалхи çуракине тĕплĕн хатĕрленеççĕ. Юсавлă техникăна хатĕрлесе лартаççĕ. Мастерскойсенче хĕрÿ ĕç пырать.

Машина паркĕн заведующийĕ Николай Бодров (сулахайри) тата Константин Андреев, парторганизаци секретарĕ, Николай Андреев, Геннадий Илларионов слесарьсем.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

---

99-мĕш стрелковăй дивизи Аслă Отечественнăй вăрçа малтанхи сехетсенчех кĕнĕ. Дивизири 197-мĕш полк, сăмахран, Перемышль хулине икĕ пая уйăракан Сан шывĕ урлă хывнă чугун çул кĕперне, электростанцие тата аш-какай комбинатне хÿтĕленĕ. Хаяр çапăçу вăхăтĕнче вĕсем пĕр алăран тепĕр алла темиçе хут та куçнă. Вăрçă пуçламăшĕнче 99-мĕш дивизи Перемышле çапла паттăррăн хÿтĕлени Аслă Отечественнăй вăрçă историне кĕрсе юлнă. Кĕнекере палăртнă тăрăх, 99-мĕш стрелковăй дивизи вăрçăн малтанхи уйăхĕнче нимĕçсен виçĕ дивизине тĕппипех аркатса тăкнă.

Асăннă дивизире чăвашсем те нумай пулнă. Çавсем çинчен каласа парать Геннадий Пласкин хăйĕн Чăваш кĕнеке издательствинче пичетленсе тухнă «Пирĕн янташсем — Перемышль паттăрĕсем» кĕнекере.

Калăпăшĕпе пысăк мар вăл. «Пĕрремĕш тĕлпулу» очеркра М. Никифоров аслă радиотелеграфистпа паллаштарăр. Меркурий Владимирович нумай çул хушши Элĕк районĕнче учительте ĕçленĕ.

Автор вулакана Перемышле хÿтĕленĕ çынсене шыраса тупнă, курса калаçнă вуникĕ вăрçă ветеранĕпе паллаштарать.

О. АЛЕКСЕЕВ.

---

Чăваш АССР Верховнăй сучĕн президиумĕ 1958 çулхи июнĕн 6-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх Тутар АССР НКВД сумĕнчи тройка 1937 çулхи декабрĕн 28-мĕшĕнче И. П. Родин пирки йышăннă постановление пăрахăçланă, преступлени тунине палăрса пулман пирки ун ĕçне чарса лартнă.

Александр Федорович ШИГАЕВА. 1891 çулта çуралнă. 1926 çултан пуçласа 1937 çулхи августчен ВКП(б) членĕ пулнă. Улатăр райĕçтăвкомĕнче ĕçленĕ.

ВКП(б) Улатăр райкомĕн бюровĕ 1937 çулхи августăн ...на.

ВКП(б) обкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ пулса ĕçленĕ Петр Федорович Юрьева НКВД органĕсем 1937 çулта «сăтăрлă ĕçсем тунăшăн» арестленĕ. РСФСР Прокуратури 1956 çулхи мартăн 6-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх, унăн ĕçĕсенче преступлени пулманнине шута илсе, ун ĕçне чарса лартнă. Ăна партии синчен тÿрре кăларнă. Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин тата Государство хăрушсăрлăхĕн комитечĕн даннăйĕсем тăрăх, Михаил Федорович Юрьева репрессиленмен.

---

# ПУР ĔÇРЕ ТЕ ĂСТА

Нумай çул хушши конюхра ĕçлеççĕ Евдокияпа Геннадий Каюковсем. Вĕсем Комсомольски районĕнчи «Росси» колхозăн Киров поселокĕнче пурăнаççĕ. Ĕçе юратса тăваççĕ.

Виçĕмçул колхозри лашасене пăхас тĕлĕшпе смотр ирттернĕччĕ. Комисси членĕсем ун чух шăпах Киров поселокĕнчи лашасене пысăк хак пачĕç. Конюхсене преми, грамота парса хавхалантарчĕç. Социализмла ăмăрту условийĕсене ăнăçлă пурнăçланăшăн Геннадий Николаевичпа Евдокия Семеновна Каюковсене «Россия» колхоз правленийĕ «Коммунизмла ĕç ударникĕ» хисеплĕ ят панă.

Лашасем пăхнипе кăна çырлахмаççĕ Каюковсем. Икĕ çул каялла вĕсем, колхоз правленийĕпе договор туса, 12 пуç вăкăр самăртма илчĕç. Вĕсене пысăк виçене çитерсе колхоз шучĕпе государствăна сутрĕç.

Пĕлтĕр çемье колхоза икĕ хута яхăн ытларах, 23 вăкăр самăртса пачĕ. Кашни выльăхăн вăтам чĕрĕ виçи 413 килограмм пулнă.

А. АРТЮШКИН,
ĕçпе вăрçă ветеранĕ.

---

*Район хаçачĕсене пăхса тухни*

# АРЕНДĂНА ВĂЙ ПАРАТЬ

> ЧĂВАШ АССР ЖУРНАЛИСТСЕН СОЮЗĔН ПРАВЛЕНИЙĔНЧЕ ХАЛЕ — ХĔРŸ ТАПХĂР. ВĂЛ ПИКЕНСЕХ ХĂЙЕН ЧЕРЕТЛЕ XII СЪЕЗДНЕ ХАТĔРЛЕНЕТ. СЪЕЗД КĂÇАЛХИ ЯНВАРЬ УЙĂХĔНЧЕ ПУЛМАЛЛА. МЕНПЕ КЕТСЕ ИЛЕТПЕР-ХА ЭПИР ХАМĂРĂН ÇАК ПЫСĂК ПУХĂВА-КАНАШЛĂВА! ЖУРНАЛИСТИКĂН ПЫСĂК ÇАРĔ — РАЙОН ХАÇАЧĔСЕМ МĔНЛЕРЕХ ĔÇЛЕСЕ ПЫРАÇÇĔ РЕВОЛЮЦИЛЛЕ ÇĔНЕТŸ ТАПХĂРĔНЧЕ!

ÇАК ыйтăва хуравлас тенĕ май тата Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕн членĕ пулнăран, чылай район хаçатне пăхса тухрăм, вырăнсенче пулса, редакцисен ĕçĕсемпе паллашрăм. Шăмăршă районĕнчи «Коммунизм çулĕ» хаçат (редакторĕ П. И. Фомин) ĕçĕ-хĕлĕ килĕшрĕ мана. Кунта арендаторсен, подряд йĕркипе ĕçлекенсен ĕçне-хĕлне ăнăçлă çутатса пыни уйрăмах кăмăла кайрĕ. Район хаçачĕ арендăна тивĕçлипех пулăшса пырать.

Редакци работникĕсемпе курса калаçни усăллă, анчах та çителĕксĕр. Вĕсен творчествăри çулăмне курас-пĕлес тесен, хаçатра пичетленнĕ материалсене пăхмалла. 1988 тата 1989 çулсенче тухнă номерсене тĕплĕнрех вулама, тишкерме тăрăшрăм.

Акă, 1988 çулхи виçĕ уйăхра (январь—март) хаçат бригада подрячĕ йĕркипе ĕçлекенсен опытне сарас тĕллевпе чылай пысăк материалсем пичетленĕ: «Тĕллев — тупăшлă ĕçлесси», «Пурте — пĕр ĕмĕтпе», «Ĕç укçине — тупăша кура», «Пухма — çулталăк, салатма — çур талăк...», «Тупăшлă ĕçлеме пулать» т. ыт. те. Пуш уйăхĕнче ирттернĕ «çавра сĕтел» хушшинчи усă калаçура акă мĕн палăртнă: çĕнĕ меслетпе ĕçлесси такăр çулпа вăй илсе пырать теме çук-ха. Чылай çĕрте ку тĕлĕшпе мысăк çитменлĕхсем, татса паман ыйтусем пур. Уйрăм руководительсемпе специалистсем çĕнĕлле ĕçлессине хаклamaççĕ, кивĕ ăспа, лăпкă вырнаçпа пурăнма тăрăшаççĕ. Экономикăпа бухгалтери службинче çитменлĕхсем пулнине палăртнă. Ĕçе тĕрĕс мар хаклани, ĕçлекен çын укça нумай илнĕшĕн кĕвĕçсе, катса юлма тăрăшни механизаторсен ĕçлес кăмăлне чакарни çинчен каланă. Лайăххипе пĕрлех, подряд звенисен ĕçĕнче çитменлĕхсем те пайтах. Акă, «Аврора» колхозра пĕр центнер выльăх кăшманĕ туса илме В. Судуков звени 2 тенкĕ те 73 пус тăкакланă пулсан, Н. Улюкин звенинче вăл 5 тенкĕ те 66 пуса çитнĕ.

Хаçат «Аренда подрядне — анлă çул» рубрикăпа çине-çинех паха материалсем пичетлесе пынă. «Пуçламăшĕнчех таканас марччĕ», — тесе асăрхаттарать хаçат, ĕçри чылай пăтăрмахсене тупса палăртать. «Аренда подрячĕ: пуçламăшĕ тата малашлăх» корреспонденцире «За коммунизм» колхозра виçĕ бригада аренда подрячĕпе ĕçлеме пуçлани çинчен çырса кăтартнă. «Хирте—арендаторсем», «Çĕнни вăй илет», «Аренда подрячĕ — çитĕнÿ çăлкуçĕ», «Пуласлăх — арендăра», «Пурте хамăртан килет», «Çĕнĕ вăй-хăватпа» корреспонденцисенче малта пыракан опыт хĕлхемĕсем аванах палăраççĕ. «Çĕнни çулĕ такăр мар» статьяра хаçат районти чылай хуçалăх ĕçне тиркевлĕ куçпа пăхать, çитменлĕхсене тупса палăртать, пуçлăхсене питлет. «Çĕнетÿ çулĕ такăр мар. Такăнса, тăсăлса ÿкесси те пулĕ, — тесе асăрхаттарать хаçат. — Анчах йывăрлăхсене çĕнтермеллех».

Йывăрлăхсене çĕнтерсе арендăна уссине куракан хуçалăхсене чылай илсе кăтартма пулать. «Волга» колхозра А. Хаманов ертсе пыракан аренда звени 1988 çулта пĕтĕм хуçалăхри вăтам кăтартуран 2,4 центнер тырă, 62 центнер кукуруза нумайрах пухса кĕртнĕ. Колхозра пĕр центнер тырă туса илме 16 тенкĕ тăкакланă пулсан, арендаторсем 9 тенкĕ те 56 пус çеç. «За коммунизм» колхозри Н. Чурбанов ертсе пыракан аренда коллективĕ хуçалăхри вăтам шайран тырă тухăçне 26 процент ÿстернĕ, пĕр центнер тырă хăйхаклăхĕ 27 процент чакнă.

Пĕлтĕрхи январĕн 21-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Арендăна ырлатăп» корреспонденцире «Шемуршинский» совхозри Н. Стефинов арендатор çапла çырать: «Аренда йĕркипе выльăх самăртма эпĕ иртнĕ çулах куçрăм. Капла меллĕрех, выльăхсене май килнĕ таран ытларах тутă тытассишĕн тăрăшатăп. Инкек-синкек килсе тухас пулсан та ответне хăвах тытатăн». Малалла арендатор совхоз пуçлăхĕсене критиклет. Договорта палăртнă апата кирлĕ чухлĕ тата вăхăтра памаççĕ иккен кунта. Çавна пула продуктивлăх ытла ÿсмест. Экономика служби те, дирекци те çавна ăнланасшăн мар. Тÿленĕ чухне вара, тĕрлĕ сăлтавсем шыраса, премие укçине туллин парасшăн мар. Февралĕн 21-мĕшĕнче тухнă «Аренда —ял малашлăхĕ» статьяра, çĕнĕлле ĕçлекенсен кăтартăвĕсене тишкерсе тухса, çакăн пек пĕтĕмлетÿ тунă: «Хресчен ялатаврăнмаллах. Аренда хутшăнăвĕсем çакна тума вăй çитерĕç».

АРЕНДА подрячĕпе ĕçлени мĕн парать-ха? Унччен çынсем ĕç вырăнне килсе кайнипех çырлахнă. Халĕ пачах урăхла. Кашниех камшăн тата мĕншĕн ĕçленине лайăх пĕлсе тăрать. Ĕç дисциплини çирĕпленнĕ. Урĕк-сурĕк çÿрекенсем çук. Ĕç вăйĕ сахал пĕтернипех продукци ытларах туса илеççĕ. «Çивĕч ыйту тавра» рубрикăпа пичетленнĕ «Специалиста аренда кирлĕ-и?» корреспонденцире те — çивĕч ыйту. «Восход» колхозра дипломлă специалистсем çирĕмĕн ытла. Анчах та аренда хутшăнăвĕсем çав-çавах вăй илеймеççĕ. Кунти инженерпа агронома, зоотехника аренда кирлĕ те мар иккен. Иван Саландаев журналист çакна акă мĕнле ăнлантарса парать: «Аренда çине куçакан хуçалăхсенче специалистсен ответлăхĕ те ÿсет, ним усă та кÿмен агронома е зоотехника коллектив хăвалаçа яма та пултарать. Акă мĕншĕн шикленеççĕ пирĕн специалистсем, акă мĕншĕн çĕнĕлĕхе ĕçе кĕртме васкамаççĕ. Çирĕплетнĕ ĕç укçине пăрахăçласан, вĕсен ирĕксĕрех алăпа та, пуçпа та ĕçлеме тивет-çке. Инженерăн трактор çине лармалла, агрономăн вăрлăх хатĕрлемелле. Аренда специалистсене ĕç çинчен шухăшлама, юлашкинчен пулакан результатшăн тăрăшма вĕрентет. Диплома «хуплашкишĕн» кăна илнисем, паллах, арендăпа пĕр чĕлхе тупаймаççĕ. Экономика вăл — хаяр япала, ÿрĕк-сÿрĕксемпе тĕрлĕ чинсене ним вырăнне те хумасть. Пурнăç сак кунĕ çапла».

Çĕнетÿ ялхуçалăхĕнчи нумай тĕттĕм кĕтесе çутатать. Халиччен специалистсенчен ытларахăшĕ «çÿлтен хушнине» пурнăçлакан çеç пулнă. Хăйсен пуçĕпе шухăшласа çĕнĕлĕхшĕн çунакансем пыра-киле сахалланса пынă. Мĕншĕн пуçа ватас-ха — хăçан тырă акмаллине, мĕнле сортсем çитĕнтермеллине районтан кăтартса параççĕ-çке! «Эх, мĕн чухлĕ сиен кÿчĕ пире çак кăтарту», — тивĕçлипех тарăхать журналист.

Хаçат пĕлтерне тăрăх, юлса пыракан «За коммунизм» колхозра çĕнĕлĕх уссине хăвăрт ăнланса илнĕ. «Аренда подрячĕ — акă вăл пирĕншĕн пĕртен-пĕр çăлкуç», — çапла йышăннă колхозниксем хăйсен отчетпа суйлав пухăвĕнче. Урăхла каласан, ял çыннисем халĕ председателе те, агронома та, зоотехника та мар, арендăна кăна шанма пуçланă. («Шухăш-ĕмĕт — малалла», 16. III). «Тар тăкмасăр пурлăх пухăнмасть» статьяра (28. III) И. Михайлов кореспондент Уруков ячĕпе хисепленекен колхозра выльăх-чĕрлĕх отраслĕ аренда подрячĕ çине ăнăçлă куçни çинчен тĕплĕн çырса кăтартнă. Арендаторсем ĕç çине чăн-чăн хуçа пек пăхаççĕ, дисциплинăна çирĕп тытаççĕ, пысăк хавхаланупа ĕçлеççĕ, пахалăхшăн çине тăрсах кĕрешеççĕ.

«Чĕпсене кĕркунне шутламалли» вăхăт çитсен, райхаçат аренда хутшăнăвĕсенчи итогсемпе паллаштарма пуçлать. Пĕлтĕрхи октябрĕн 17-мĕшĕнче тухнă «Çемье подрячĕпе» корреспонденцире (авторĕ Ю. Миронов) А. Кокарев выльăх пăхакан ĕç опытне çырса кăтартнă. Вăл 1987 çултах «Марксист» колхозпа 60 пуç выльăх самăртса пама килĕшнĕ. Çĕнĕ ĕçе тытăннă, Продукци хăйхаклăхне пĕчĕклетес шутпа фермăри ĕçсене лашапа туса пыраççĕ. Çакă витесене вăхăтра апат тултарса тăма, кун йĕркине çирĕп тытса пыма май парать иккен.

Редактор заместителĕ И. Саландаев, ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ А. Бараев ку темăпа паха материалсем çырнине палăртмалла. Редакцин çырусен пайĕ те (заведующийĕ А. Степанова) лайăх ĕçлет, вулакансемпе тачă çыхăну тытать, ĕçлкорсен çырăвĕсене йĕркелесе пичете хатĕрлет. Пĕлтĕрхи октябрĕн 19-мĕшĕнче тухнă 126-мĕш номерте Аслă Отечественнăй вăрçă инвалидĕ Г. Симурзин çапла çырать: «В. Ф. Чураков журналист манăн кашни çырусине ответсем парать, йăпатать, хавхалантарать, çырусене пичете хатĕрлет. Нумаях пулмасть райхаçат ярса пачĕ. Унта эп çырнă материал тухнăччĕ. Вуласа тухрăм та ĕçĕклесех йĕрсе ятăм. Ача пек. Савăнса та хурланса. Чунтанвартан юратнă юлташсем, сÿнес пек туякан ăшчике усă варкăш вĕрсе кĕртсе пурăнма ĕмĕтлентерекен журналистсем! Пин тав сире йывăр вăхăтра пуçа усма паманшăн. Акă, пĕр уйăх хушши вилĕмпе кĕрешрĕм. Халĕ пурăнатăп-ха. Пирĕн енне килес-тăвас пулсан, ман пата кĕрсе тухăр. Çакă маншăн темрен те хаклă эмел ĕçнĕ пекех пулĕччĕ».

Шăмăршă район хаçачĕ арендăна çеç мар пулăшать иккен, вăл уйрăм çынсене те, хăйĕн вулакансене те вăй-хал парнелет, «чун» кĕртет.

...РЕДАКЦИ коллективĕпе тĕл пулсан, ĕçри çитменлĕхсемпе кăлтăксем çинчен те калаçрăмăр. Хутран-ситрен хаçатра вăй-хĕлхем парайман шупка материалсем пичетленнине палăртрăмăр. Арендаторсем çинчен çырнă чухнех, ак, çак çĕнĕлĕх обществăлла хуçалăха мĕн чухлĕ тупăш паннине тата çынсем мĕн чухлĕ ĕçлесе илнине асăнаççĕ. Çав вăхăтрах этем чунне, кăмăл-туйăмне кирлĕ пек лайăх уçса параймаççĕ. Очерксемпе тĕрленчĕксем сахал пичетленеççĕ.

Пĕтĕмĕшпе илсен, кунти журналистсем хăйсен хаçатне чăннипех çĕнетÿ тĕкĕрĕ тума тăрăшаççĕ, пулăмсене тĕплĕн виçсе хаклама, критикăллă тишкерме вăй хураççĕ.

К. ПЕТРОВ,
Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правлени членĕ.

*Искусство çыннисем*

# ДИРИЖЕР

Чăвашсен паллă музыкантĕ тата дирижерĕ Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕ, Тутар АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Валерий Важоров пĕчĕклех юрă-кĕвĕ патне туртăннă, ун илемне туйнă, итлесе киленнĕ. Ахальтен-и Хĕрлĕ Чутай каччи 15 çултах Шупашкарти музыка училищине вĕренме кĕнĕ. Флейта класне ăнăçлă вĕренсе пĕтерсе хыççăн Чăваш филармонийĕн симфони оркестрĕнче ĕçлеме пуçланă. Унтан — Хусан консерваторийĕ. Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕн А. Геронтьев доцентăн класĕнче вĕреннипе пĕрлех В. Важоров Муса Джалиль ячĕпе хисепленекен Тутар оперăпа балет театрĕнчи оркестрăн солист-флейтисчĕ пулса ăсталăх пухнă.

1966 çулта Хусанта Тутар государство симфони оркестрĕ йĕркеленсен, ăна ертсе пыракан паллă совет дирижерĕ, СССР халăх артисчĕ Н. Рахлин пултаруллă чăваш çамрăкне хăй патне йышăннă. В. Важоров солист-флейтист ку коллективра 9 çул ĕçленĕ. Оркестрта ĕçленĕ вăхăтрах хăй те уйрăм концертсем панă, тутар, вырăс, ют çĕршыв композиторĕсен произведенийĕсене каланă. Тутар АССР тава тивĕçлĕ артисчĕн хисеплĕ ятне оркестрти музыкантсенчен чи малтан илнĕ.

1973—1975 çулсенче Н. Рахлин класĕнче ассистент-стажерта ĕçленĕ хыççăн Валерий Важоров Шупашкара таврăнать. Чăваш музыка театрĕн тĕп дирижерĕ пулса тăрать. Паян кунччен ĕçлет вăл кунта. Тăван театрта «Фауст», «Князь Игорь», «Иоланта», «В бурю», «Царская невеста», «Чакка», «Священная дубрава» оперăсем, «Холопка» оперетта, «Доктор Айболит» балет лартнă. Вĕсем театрăн чи лайăх спектаклĕсем пулса тăчĕç, музыка шайĕ пысăк пулнипе палăрса тăраççĕ, асра юлаççĕ.

В. Важоров театрта ĕçленĕ вăхăтрах республикăра венгр музыкин концертне, Атăлпа Урал тăрăхĕнчи музыка фестивалĕсене, А. Эшпай композиторăн автор концертне йĕркелесе ирттернĕ çĕре хастар хутшăнчĕ. Ĕçпе юрă уявĕсене, Чăваш АССР культурипе искусствин кунĕсенчи симфони концерчĕсене ăста ертсе пынипе те палăрчĕ.

В. Важоров дирижера республика тулашĕнче те лайăх пĕлеççĕ. Чăваш музыка театрĕпе вăл çĕршыври 30 хулара гастрольте пулнă. Унăн ăсталăхне куракансем те, специалистсем те пысăка хурса хакланă, тĕрлĕ хаçат-журналта пултарулăхĕ çинчен ăшă сăмахсем çырнă.

1989 çулхи октябрĕн 18-мĕшĕнче Чăваш государство камера оркестрĕ музыкăна юратакансене хăйĕн пĕрремĕш концерчĕпе паллаштарчĕ. Республикăри çĕнĕ творчество коллективне йĕркелесе янă çĕрте В. Важоровăн тÿпи пысăк, вăл — оркестрăн художество руководителĕ тата тĕп дирижерĕ.



Валерий Важоров дирижер 50 çул тултарчĕ. Юбилее халалласа паян Чăваш музыка театрĕнче творчество каçĕ пулать. Вăл икĕ пайран тăрать: пĕрремĕшĕнче юбиляра саламлама пухăннисем А. Бородинăн «Князь Игорь» оперинчи II актпа паллашĕç, иккĕмĕшĕнче Чăваш государство камера оркестрĕ хăйĕн пултарулăхне кăтартать. Оркестра юбиляр — Валерий Важоров дирижер ертсе пырать.

В. ГРИНЧУК.

● В. Важоров дирижер.

С. Игнатьев фотоÿкерчĕкĕ.

*Литература архивĕ*

# И. Я. ЯКОВЛЕВ. 1916—1917 çулсем

## А. Жиркевичăн кун кĕнекинчен

**ЮЛАШКИ çулсенче чăваш халăхĕн аслă просветителĕ Иван Яковлевич Яковлев çинчен çырнă ĕçсем чылай пичетленсе тухрĕç. Çапах та халиччен кун çути курнă материалсенче И. Я. Яковлев пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлне туллин çутатса панă теме иртерех-ха. Çавăнпа та А. В. Жиркевич 1916—1922 çулсенче И. Я. Яковлевпа час-часах курса калаçнă хыççăн çырса пынă кун кĕнеки уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ, вăл чăваш культурин патриархĕн сăнарне туллин уçса пама пулăшать.**

**Александр Владимирович Жиркевич 1857 çулта Витебск кĕпĕрнинчи Люцин хулинче (халĕ Латви республикинчи Лудза) çуралнă, каярах Вилен хулинче (хальхи Вильнюс) вĕреннĕ. 1888 çулта, Петербургри çар юрисчĕсен академийĕнчен вĕренсе тухнă хыççăн, Виленри çар округĕн судĕнче ĕçлеме пуçлать, 1908 çулта генерал-майора çитет. Çар судĕнче ĕçленĕ чухне, политика енĕпе айăпланисене вĕлерме приговор йышăннипе килĕшмесĕр, отставкăна тухать. 1915 çулта нимĕçсем Вилен патнелле çывхарса пынă чух вăл Чĕмпĕре пурăнма куçнă.**

**1916 çулта А. В. Жиркевич Чĕмпĕрти çар лазаречĕсен обществăлла инспекторĕнче ĕçлеме пуçлать. Чĕмпĕрти Чăваш шкулĕн пĕр çуртĕнче вырнаçнă лазаретра тăтăшах пулнă май, И. Я. Яковлевпа çывăх паллашса туслашнă. Унпа тĕл пулса калаçнине А. В. Жиркевич кун кĕнекине çырса пынă. Халĕ вăл Л. Н. Толстойăн Мускаври музейĕнче упранать.**

**Иван Яковлевич Яковлевăн пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлĕ çинчен тĕплĕнрех пĕлес текенсем валли хаçатра кун кĕнекинче 1916—1917 çулсенче мĕн çырнине пичетлес терĕмĕр.**

**А. В. Жиркевич текстне, хăшпĕр çĕрте субъективлăх сисĕнет пулин те, нимĕн чухлĕ те кĕскетмесĕр, улăштармасăр пичетлетпĕр.**

**Пичете ăна истори наукисен кандидачĕ Г. А. АЛЕКСАНДРОВ доцент хатĕрленĕ.**

### 1916 ÇУЛ

**Августăн 12-мĕшĕ**

ЧĂВАШ земство госпитальне тĕплĕн тĕрĕслеме пырсан, йĕркесĕрлĕхсем тупса палăртрăм. Пур çĕрте те пылчăк: салтаксем икĕ эрне улăштарман хура кĕпе-йĕмпе; гигиена пирки сăмах та çук; суран çыхмалли пÿлĕмре — пылчăк çăрăлать, шкаф хыçĕнче ватка татăкĕсем, урайĕнче суран çыхса улăштарнă хыççăн юлнă ăпăр-тапăр йăваланса выртать; стенасене тахçантанпах çĕнетмен; аманнисене пăхса тăракансем хăйсем те хуралса çитнĕ санпунсемпе. Аслă пăхса тăнă çĕртех вĕсем никамран ыйтмасăрах картла çапаççĕ.

Суран çыхмалли пÿлĕме урамранах пылчăкпа варалансă хресчен-рабочисене кĕртеççĕ. Паллах, кунта ĕçлекен хĕрарăмсемпе салтаксене эпĕ хытă вăрçрăм. Хăйсене килти пек тыткалаççĕ. Госпитале иккĕн ертсе пыраççĕ: священник[1] тата инспектор. Священникĕ сулхăнра уçăлса çÿренĕ чух тĕл пултăм. Инспектор, ватăскер, мана хăй патне чей ĕçме сĕтĕрсе кĕртрĕ те сысасене «воспи...

...ваш шкулĕнче преподаватель пулса ĕçленĕ.

**Августăн 25-мĕшĕ**

ЕНЕР чăваш шкулĕнче — Яковлев патĕнче тата госпитальте пултăм. Кĕпĕрнери земство управи госпиталь вырнаçнă çурта юсама пуçланăччĕ, анчах, ку çĕç хакла ларассине курса, шуххăшне пăрахăçларĕ: петĕмпех пылчăк ăшĕнчех юлать ĕнтĕ. Эпĕ управăри господинсене Ольденбургский принцĕ[1] килме пултарассипе хăратнине кура, Яковлев та çак шухăша каларĕ. Анчах та ку господинсем хăйсене тÿрре кăларма опыт пухнă ĕнтĕ. «Эпир унта принца илсе каймастпăр», — тенĕ Яковлева управăра. Чăнах та, госпитальсене ревизи тума килнисене хулари чи лайăххине, хатлине çеç кăтартаççĕ. Ку ултав пулнине икĕ ене те пĕлеççĕ, шарламасăрах килĕшеççĕ. Хăма каваçсăр, чармавла çын теме пултарассине пĕлсе тăрсах, юсав ыйтăвĕпе шав-шав çĕклетĕпĕх.

Яковлев ĕнер мана чăваш шкулĕн чаплă (ансатлăхĕпе, лайăх турăшĕсемпе тата эрешĕсемпе) чиркĕвне хăтартрĕ...

çинчен калакан брошюрăсем ярса панăшăн Яковлева тав тума кĕтĕм. Старик, яланхи йăлапа, вак-тĕвек çинчен, пĕрин çинчен теприн çине сиксе, калаçма пуçларĕ. Мăшăрĕ ăна чарма тăчĕ, калаçăва йĕркелесе пыма тăрăшрĕ, мана интереслентерменни çинчен калама кирлĕ мар, терĕ. Арăмĕ кайсан, эпĕ калаçăва чăваш шкулĕ, Иван Яковлевичăн унти ĕçĕсем çине куçартăм. Старик тÿрех хăйне лайăх туйма пуçларĕ, Ильминский профессорпа хăйĕн хушшинчи хутшăнусем, Чĕмпĕрти ĕлĕкхи юлташĕсем, хулан иртнĕ пурнăçĕ çинчен нумай интереслине пĕлтерчĕ. Ăна итленĕ май, эпĕ, унăн сăмахĕсем тăрăх, ачалăхĕпе яшлăхĕ çинчен çырма шутларăм. Чăвашсене çутта кăларас тĕлĕшпе тунă пĕрремĕш утăмсемпе çыхăнтарас терĕм. Унăн арăмĕ килсе кĕчĕ. Сăмах Ильминский çинчен пынине илтсен, вăл та калаçăва хутшăнчĕ, упăшки хăйĕн пĕлтерĕшне ытла та пĕчĕклетет, нумай ĕçе Ильминский тунă пек кăтартса, хăйне ахалех хыçала лартать, тесе ĕнентерме пуçларĕ. Яковлев унпа тавлашма пуçăнчĕ, паллах, хăйĕн учительне, хавхалантарса пыраканне çул парчĕ, çакна май хăй яланах тĕрĕсне калама хăнăхнине, нихçан та мĕн пулманнине хăй тунă пек туса кăтартманнине палăртрĕ.

Ильминский мĕнле интереслĕ, хавхаланчăк калавçă пулнине каласа пачĕ Яковлев. Уйрăмах пĕр е икĕ çынпа калаçнă чух, нумай чухне вăл ытлашши палăрман, ун пекех интереслĕ пулман. Пĕрлехи калаçусенче вăл Яковлева хăйĕн вак халăхсене вĕрентес ĕç йĕркине уçса панă. Хăшпĕр чух вĕсем каçхине 7 сехетре калаçма пуçланă та тепĕр кунхи 8 сехетре чиркĕве кайма чан çапсан тин уйрăлнă. Ильминский хăйĕнпе тÿпер пек кăмăллă çынсене тÿрех уйăрса илнĕ. Яковлевра вăл вак халăхсене çутта кăларас ĕçри деятеле курнă, унпа уйрăммăн ĕçлеме пуçăннă. Яковлев каланă тăрăх, Ильминский тĕлĕнмелле кăмăллă, тĕрлĕ енчен аталаннă лингвист (ученăй) пулнă, çав вăхăтрах сăпăйлăхпа палăрса тăнă. Служба енĕпе ÿсессинчен, наградăсенчен, ытти енĕпе палăрассинчен парăннă. Хăйĕн кăмăлĕ пулнă пулсан чылай çулсе вĕççе хăпарма пултарнă. Хăй лайăх пĕлекенсем хушшинче шÿтлеме юратнă, анекдот каланă май, ахăлтатса кулнă. Шел, Яковлев дневник çырман, унăн калавĕсене никам та хут çине куçарман пулас.

Халăха вĕрентес ĕç министрĕпе Кассопа[1] калаçни интереслĕ. «Чăваш халăхĕ валли Рос...



## Çĕнетĕве ăнăçу сунса



## УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

### Чи кирли — пĕлÿ

БОНН, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Федерациллĕ Германи Республикин кашни виççĕмĕш гражданинĕ — 19 çултан пуçласа 64 çула çитичченхи çынсем — пĕлтĕр хăйсен квалификацине ÿстернĕ. Çакă вăл вунă çул каярахринчен 50 процент нумайрах.

Хĕвеланăç Германири фирмăсем хăйсен рабочийĕсемпе служащийĕсен квалификацине ÿстерме çулсерен 27 миллиарда яхăн марка тăкаклаççĕ. ФРГ халăха вĕрентес ĕçпе наука министрĕ Юрген Меллеман кăтартса панă тăрăх, çак сумма государство аслă шкулсемпе университетсен клиникисем валли уйăрса паракан укçа-тенкĕрен те кăшт пысăкрах.

Квалификацие ÿстересси, шутлать министр, çитес вунă çуллăхăн чи пысăк задачисенчен пĕри пулса тăрать. Вăл производство хатĕрĕсем валли уйăракан укçа-тенкĕ пекех паллă пĕлтерĕшлĕ. Халĕ, палăртнă Ю. Меллеман, пуçламăш пĕлÿ илни çеç çителĕксĕр, ĕмĕр тăршшĕпех вĕренмелле, çакă вăл наукăпа техникăн хăватлă аталанăвĕпе тан пыма кирлĕ.

Квалификацие ÿстересси паллă пĕлтерĕшлĕ пулнине çак сăлтавсем те кăтартса параççĕ. Пĕрремĕшĕнчен, пысăк квалификациллĕ кадрсем наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе производствăра хăвăрт усă курма пултараççĕ. Иккĕмĕшĕнчен, хĕрарăмсен квалификацине ÿстерни вĕсене производство сферинче арçынсемпе пĕр тан прававаллă пулма май парать. Тата, юлашкинчен, вăл — ĕççĕрлĕхе хирĕç кĕрешме кирлĕ условин.

### Демократиллĕ суйлав

БРАТИСЛАВА, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Влаçăн мĕнпур органĕсене ирĕклĕ тата демократилле йĕркепе халăх представителĕсене суйласси Словаки правительствишĕн çĕнĕ çулта чи малтан татса памалли задача пулса тăрать, пĕлтернĕ Словаки правительствин пуçлăхĕ Милан Чич.

ЧТА агентствине панă интервьюра вăл çакна палăртнă: законлăх принципĕсене çирĕплетес тĕллевпе правительство Словаки конституцине палăртса хатĕрлес тата Социализмлă Чехословаки Республикин çĕнĕ конституцине, çавăн пекех граждансен прависемпе интересĕсене тата халăх суверенитетне хÿтĕлекен ытти хăшпĕр законсене туса хатĕрлес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлет.

Правительство экономика реформин çĕнĕ концепцине пурнăçа кĕртме тата республика умĕнче тăракан васкавлă ыйтусене татса пама пуçлать, тенĕ М. Чич.

### Норьега генерал шăпи

ВАШИНГТОН, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Паян каçхине тахçăр çитесси вунă минутра Норьега генерал Панамăра США влаçĕсене парăннă, çакăн çинчен вăл Панама правительствине пĕлтернĕ. Панамăри Ховард авиабазăна илсе пынă хыççăн ăна кунта наркотиксем сарнине хирĕç кĕрешекен управлени представителĕсем арестленĕ. США сывлăш çар вăйĕсен С-130 самолечĕ хальхи вăхăтра Норьега генерала Хомстед авиабазине (Флорида штачĕ) илсе пырать. Ăна...

### Çарсене хăвăртрах кăлармалла

КАРАКАС, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Венесуэла ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Рейнальдо Фигередо Америка çарĕсене Панама территорийĕнчен илсе...

Журналистсемпе ирттернĕ калаçура вăл çапла пĕлтернĕ: ...

Министр США салтакĕсем Никарагуан Панамăри посолĕн...

...ер-министрĕ Гранд Дивайн Мускава визитпа килес умĕн ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă май вăл çакна палăртнă: Канадăра Совет Союзĕн халăхĕ политикине пысăк хак парассĕ тата вăл экономикăри пур енлĕ çыхăнусене аталантарма лайăх майсем туса хурать, тесе шутлассĕ. Мускавра вăл совет министерствисен руководителĕсемпе, ĕçлĕ ушкăнсен представителĕсемпе ирттерме палăртнă тĕлпулусем вăхăтĕнче шăпах çав çыхăнусен малашлăхĕсене сÿтсе явма шутлатăп, тенĕ Дивайн. Саскачеванра, палăртнă вăл, ССР Союзĕнче тĕрлĕ енĕпе ĕçлекен фирмăсем пур, çав шутра ялхуçалăх машинисем туса кăларас тĕлĕшпе ĕçлессĕ.

... цент нумайрах.

Хĕвеланăç Германири фирмăсем хăйсен рабочийĕсемпе служащийĕсен квалификацине ÿстерме çулсерен 27 миллиарда яхăн марка тăкакласçĕ. ФРГ халăха вĕрентес ĕçпе наука ...

... валли уйăрса паракан укçатенкĕрен те кăшт пысăкрах.

Квалификацие ÿстересси, шутлать министр, çитес вунă çуллăхăн чи пысăк задачисенчен пĕри пулса тăрать. Вăл ...

... маш пĕлÿ илни çеç çителексĕр, ĕмĕр тăршшĕпех вĕренмелле, çакă вăл наукăпа техникăн хăвачлă аталанăвĕпе тан пыма кирлĕ.

Квалификацие ÿстересси пал- ...

... ринче арçынсемпе пĕр тан правалла пулма май парать. Тата, юлашкинчен, вăл — ĕçсĕрлĕхе хирĕç кĕрешме кирлĕ услови.

## Демократиллĕ суйлав

БРАТИСЛАВА, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Влаçăн мĕнпур органĕсене ирĕклĕ тата демократилле йĕркепе халăх представителĕсене суйласси Словаки правительствишĕн çĕнĕ çулта чи малтан тытса пымалли задача пулса тăрать, пĕлтернĕ Словаки правительствин пуçлăхĕ Милан Чич.

ЧТА агентствине панă интервьюра вăл çакна палăртнă: законлăх принципĕсене çирĕплетес тĕллевпе правительство Словаки конституцине палăртса хатĕрлес тата Социализмлă Чехословаки Республикин çĕнĕ конституцине, çавăн пекех гражданисен прависемпе интересĕсене тата халăх суверенитетне хÿтĕлекен ытти хăшпĕр законсене туса хатĕрлес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлет.

Правительство экономика реформин çĕнĕ концепцине пурнăçа кĕртме тата республика умĕнче тăракан васкавлă ыйтусене татса пама пуçлать, тенĕ М. Чич.

## Çарсене хăвăртрах кăлармалла

КАРАКАС, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Венесуэла ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Рейнальдо Фигередо Америка çарĕсене Панама территорийĕнчен илсе тухас тĕллевпе Америкăри Государствăсен Организацийĕн консультативлă органне васкавлă пухма кирли çинчен каланă.

Журналистсемпе ирттернĕ калаçура вăл çапла пелтернĕ: США çарĕсем çак çĕршывра мĕн чухлĕ ытларах тытăнса тăрассĕ, унти лару-тăрăва тата Панамăпа Вашингтон хушшинчи хутшăнусене çавăн чухлĕ ытларах йывăрлатассĕ.

Министр США салтакĕсем Никарагуан Панамăри посолĕн резиденцине пырса кĕнине тата ăна тытса чарнине сивленĕ, çакна вăл тĕнчери право принципĕсене пăсни вырăнне хурса хакланă.

## Мĕн кĕтет пире çак вунăçуллăхра?

Тĕнчери лару-тăру йывăр пулни тата экономикăри йывăрлăхсем, таврари çутçанталăк вараланса пыни, наркомафие хирĕç вăрçă вăрçни, чертавар ресурсĕсем чакса пыни, халăх йышĕ ÿсни, çемье тĕрекĕ пĕтсе пыни, чухăнлăха хирĕç кĕрешни. Акă мĕнле ыйтусем тухса тăчĕç этемлĕх умне çак вунăçуллăхра. «Çак çĕрçуллăх пуçланнăранпах этемлĕх умне тухса тăнă проблемăсем ÿсĕçемĕн ÿссе пыраççĕ. 1990-мĕш çулсем цивилизацин пĕтĕм историйĕ тăршшĕнчи чи йывăр çулсем пулĕç. Этемлĕх умне халиччен нихçан та çакăн чухлĕ ыйту тухса тăман». Çапла пĕлтернĕ Футурологсен пĕтĕм тĕнчери обществин президенчĕ Эдвард Корниш.

Футурологсен пĕтĕм тĕнчери обществи çĕнĕ пинçуллăх пуçланас умĕн этемлĕх умне тухса тăнă тĕп задачăсене палăртса тухнă.

Пĕрремĕш вырăнта — виççĕмĕш тĕнче вăрçине сирсе ярасси. «Лару-тăру çăмăлланчĕ пулин те, 1990-мĕш çулсенче виççĕмĕш тĕнче вăрçи пуçланас хăрушлăх çав-çавах сыхланса юлать-ха. СШАпа ССР Союзĕн ракетăсем, самолетсем тата шыв айĕн ишекен кимĕсем питĕ нумай. Вĕсем çине ядерлă тата термоядерлă зарядсем вырнаçтарнă. Чи хăватлă икĕ держава пĕр-пĕрне ядерлă хĕçпăшалпа тапăнни мĕн патне илсе çитерме пултарасси çинчен каласа пама та май çук. Апла пулин те, çак хăрушлăха пĕтерме халлĕхе май тупман-ха. Иккĕмĕш вырăнта — ядерлă хĕçпăшал пĕтĕм тĕнчене саралас проблема. Нимĕн иккĕленмелли те çук, ядерлă хĕçпăшала хăйĕн аллине ярса илнĕ пĕрпер çĕршыв унпа вăрçăра усă курасшăн пулма пултарать. Ядерлă технологипе çыхăннă наука-техника информацийĕ анлă сарăлни лару-тăрăва тата ытларах йывăрлатать.

Терроризм проблеми те питĕ хăрушă. Мĕншĕн тесен ытларах та ытларах ушкăнсем бомбăсемпе усă курса, çынсене вĕлерсе тата варласа хăйсен тĕллевĕсене пурнăçа кĕртме хăтланаççĕ. Экспертсем шутланă тăрăх, пĕтĕм тĕнчере хăрушсăрлăха çирĕплетмелли мерăсем ытларах та ытларах йышăннине пăхмасăр, çитес çулсенче терроризм хăрушлăхĕ ÿссе пырĕ.

Государствăсем çыран тăрăхĕнчи зонăсене тытса илме хапсăнни те çывăх çулсенче лару-тăрăва нумай йывăрлатĕ. Хальхи хапсăнчăк ĕмĕтсем çаплипех сыхланса юлсан, çыран тăрăхĕнчи государствăсем океансене пĕр-пĕрин хушшинче пайлĕç. Çавна пула океансен тĕпĕнчи çутçанталăк ресурсĕсемпе хуçа пулмалли правасемшĕн хирĕçÿсем тата ытларах вăйланĕç.

Экономикăри лару-тăру та хытă шухăшлаттарать. Экономика проблемисен шутĕнче — укçа ытларах та ытларах йÿнелсе пынă пирки тĕнчери финанс рынокĕсенче йĕркелĕх пĕтни. Миллиардшар доллар, иен, марка наци чиккисем урлă ирĕклĕн «каçса çÿренине» тĕп банксем контроллесе çитерейменççĕ. Çавна пула пĕтĕм тĕнчере финанс тĕлĕшĕнчен инкек тухса тăма пултарать.

Хальхи-суту-илÿ политики те шухăшлаттарать. Ытти çĕршывсенчен тавар нумай туяннине пула нацисен промышленноçĕн тахçанах çирĕпленсе çитнĕ отраслĕсем те панкрута тухма пултараççĕ. Кунта урăх çĕршывсенчен тавар туянмашкăн чарни пулăшас çук. Çавна пула суту-илÿри хире-хирĕçлĕхсем тата ытларах вăйланма пултараççĕ кăна.

**Ыйтусен тепĕр пуххи** — таврари çутçанталăк промышленность каяшĕсемпе ытларах та ытларах вараланса пыни. Атмосфера вараланни миллионшар çыншăн уйрăмах хăрушă. Çак процеса чарса лартма халлĕхе май килмест-ха. Планетăна Хĕвелĕн ультрафиолетовăй пайăркисенчен сыхлакан озон сийĕ малалла пĕтсе пырать. Озон сийĕнчи «шăтăка» пула ракпа чирлекенсен йышĕ ÿсет, тулă, рис, çĕрулми пуссисем сиенленеççĕ. Шăв-шăв вăйланса пынине пула чирлекенсен йышĕ ÿссе пырать, нумай çынсен хăлха илтми пулать.

Атмосфера вараланса пынипе пĕрлех шывсем вараланаççĕ, çутçанталăк ресурсĕсем, чи малтанах энерги ресурсĕсем пĕтсе пыраççĕ. Нефть, çĕркамрăк тата газ запасĕсем çывăх çулсенчех пĕтме пултараççĕ. Вĕсем вырăнне çил тата Хĕвел энергийĕпе усă курмашкăн тытăнма васкамаççĕ-ха. Вăрмансен лаптăкĕ чакса пырать. Кăнтăр Америкăра тропик вăрманĕсене касса пĕтереççĕ пулсан, Çурçĕр Америкăра тата Европăра вăрмансем «кислоталлă çумăрсене» пула пĕтеççĕ.

Çак вунăçуллăхра социаллă ыйтусем çивĕчленмелле. Чухăнсен тата килсĕр-çуртсăр пурăнакансен йышĕ ÿссе пырать, преступлени тăвасси ÿсет. Право йĕркине пăснăшăн çирĕпрех наказани пама пуçлани халлĕхе усă памасть-ха. Уйрăлакан мăшăрсен йышĕ ÿсĕçемĕн ÿссе пырать, общество ячейки — çемье пĕтсе пырать.

Анчах, футурологсен обществин президенчĕ шутланă тăрăх, тĕнчере проблемăсем нумайланса пыни прогресс вăйланнин палăрăмĕ пулса тăрать. «Эпир хамăр пурăнакан тĕнче çинчен ытларах та ытларах пĕлме пуçланă, пурнăç условийĕсене лайăхлатса пынă май пирĕн умма çĕнĕрен-çĕнĕ ыйтусем тухса тăраççĕ. Анчах кашни ыйтăвах татса памалли нумай майсем пур. Мĕн пуласси пулĕ, пурăнсан — курăпăр, тет вăл.

И. БОРИСЕНКО.
(ТАСС корр.).

Вашингтон.

## Çĕнетĕве ăнăçу сунса

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). США президенчĕ Джордж Буш «Ридерс дайджест» журнал редакторĕсене хăйĕн администрацийĕн тулашри политикин ыйтăвĕсемпе интервью панă.

Тĕнчери мĕнле событисем пуринчен те пысăкрах шанăç çуратрĕç, текен ыйту çине ответлесе, президент «Хĕвелтухăç Европăра тата Совет Союзĕнче пулса иртекен тĕлĕнмелле тата хăвăрт улшăнусене» палăртнă. «Çĕнетĕве эпĕ ăнăçу сунатăп тата çавăнпа Совет Союзĕпе килĕштерсе ĕçлеме шутлатăп», — пĕлтернĕ Америка президенчĕ.

**Малалла совет руководителĕн М. С. Горбачевăн политики тата унăн тĕнче арени çинчи авторитечĕ çинчен каласа, вăл Совет Союзĕн лидерĕ — «политикăри идĕртÿллĕ тата халăх хушшинче авторитетлă çын» пулнине йышăннă тата США вăл пурнăçа кĕртекен реформăсене, унăн уççăнлăхне ырланине палăртнă.**

## Усал ĕçсемшĕн

ТЕГЕРАН. ИРНА агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Иран столицинче, çавăн пекех Керман тата Машаад хулисенче вырсарникун 17 çынна çакса вĕлернĕ. Çав çынсене наркотиксем тата хĕçпăшал сутнăшăн, хĕçпăшалпа усă курса çаратса çÿренĕшĕн айăпланă. Арестленĕ чухне вĕсенчен пăшалсемпе боеприпассем туртса илнĕ.

Çÿлерех асăннă сăлтавпа айăпласа кăçал Иранра пин çынна яхăн вĕлернĕ.

(ТАСС).

## «Форд фончĕ»

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). «Форд фончĕ» текен филантропи организацийĕ çитес икĕ çул хушшинче ССР Союзĕпе США экономика, политика, законсем кăларассипе право йĕркине сыхлас енĕпе килĕштерсе ĕçлессине аталантарма 6 миллион доллар укçа уйăрасси çинчен пĕлтернĕ.

## Норьега генерал шăпи

ВАШИНГТОН, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Паян каçхине тăххăр çитесси вунă минутра Норьега генерал Панамăра США влаçĕсене парăннă, çакăн çинчен вăл Панама правительствине пĕлтернĕ. Панамăри Ховард авиабазăна илсе пынă хыççăн ăна кунта наркотиксем сарнине хирĕç кĕрешекен управлени представителĕсем арестленĕ. США сывлăшçар вăйĕсен С-130 самолечĕ хальхи вăхăтра Норьега генерала Хомстед авиабазине (Флорида штачĕ) илсе пырать. Ăна Майамире США федеральнăй сучĕ наркотиксемпе суту-илÿ тунăшăн ответ тыттарать», — пĕлтернĕ США президенчĕ Джордж Буш Шурă çуртра юнкун каçхине васкавла пухнă пресс-конференцире.

«Манăн Ватикана тата Панамăри папа нунцине пире юлашки кунсенче пулăшнăшăн тав тăвас килет. Вĕсем государство интересĕсене шута илсе ĕçлерĕç, — тенĕ малалла Дж. Буш. — Пĕрлешÿллĕ Штатсем Норьега генерала тĕрĕс суд тăваççĕ. Апла пулин те, ăна арестлени тата Пĕрлешÿллĕ Штатсене илсе килни çакна кăтартса пама тивĕçлĕ: США хăйĕн решенине улăштарма шутламасть, çавăн пекех наркотиксем сарас ĕçе хутшăннăшăн айăпланакансем нихçан та судран хăтăлса юлма пултараймĕç».

## Тĕнчери нормăсене хĕснĕшĕн

МАНАГУА, январĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Никарагуа правительстви Америкăн 20 дипломатне çĕршывран кăларса яма тата США Манагуари посольствинче ĕçлекен техника персоналĕн йышне чакарма йышăннă. Çакă декабрĕн 29-мĕшĕнче Никарагуан Панамари посолĕн резиденцине пырса кĕнĕ Америка салтакĕсен ĕçĕ çине ответленĕ «лапка» утăм пулса тăрать. Правительство решенийĕ çинчен ытларикун Никарагуа президенчĕ Даниэль Ортега пĕлтернĕ.

Журналистсен ыйтăвĕсем çине хуравласа, вăл çакна палăртнă: американецсен çак ĕçĕ СШАпа Никарагуа хушшинчи вунă çула тăсăлакан хирĕçÿри чи йывăр самант патне илсе çитерне. Çавна май Никарагуа правительстви Америкăри государствăсен организацийĕн (ОАГ) яланхи совечĕн ларăвне пухма ыйтнă тата çавăн пекех ООН Хăрушсăрлăх Советне пухмашкăн ыйтма шутлать, тенĕ Д. Ортега. Никарагуан Панамăри посолне Манагуана чĕнсе илнĕ, çакăн хыççăн вăл США вĕçсе каймаллă тата унта ОАГăн яланхи совечĕпе ООН Хăрушсăрлăх Совечĕ умне Пĕрлешÿллĕ Штатсем тĕнчери нормăсене хĕснине çирĕплетсе паракан документсем тăратма тивĕçлĕ.

Пур çĕрте те пылчăк: салтаксем икĕ эрне улăштарман хура кĕпе-йĕмпе; гигиена йĕрки сăмах та çук; суран çыхмалли пÿлĕмре — пылчăк çăрăлать, шкаф хыçĕнче ватка татăкĕсем, урайĕнче суран çыхса улăштарнă хыççăн юлнă ăпăр-тапăр йăваланса выртать; стенасене тахçантанпах çĕнетмен; [illegible] пăхса тăракансем хăйсем те хуралса çитнĕ сăппунсемпе. Асли пăхса тăнă çĕртех вĕсем никамран ыйтмасăрах картла çапассĕ.

Суран çыхмалли пÿлĕме урамранах пылчăкпа вараланнă хресчен-рабочисене кĕртеççĕ. Паллах, кунта ĕçлекен хĕрарăмсемпе салтаксене эпĕ хытă вăрçрăм. Хăйсене килти пек тыткалаççĕ. Госпитале иккĕн ертсе пыраççĕ: священник[1] тата инспектор. Священникне сулхăнра уçăлса çÿренĕ чух тĕл пултăм. Инспектор, ватăскер, мана хăй патне чей ĕçме сĕтĕрсе кĕртрĕ те сыснасене «воспитани» парасси, бекон, пахча тата ытти çинчен каласа пама пуçларĕ. Мăшăрĕпе иккĕшĕ те кăмăллă çынсем, вĕсен хваттерĕнчи ĕлĕкхи сĕтел-пукантан аваллăх шăрши кĕрет пек. Госпитале Шатров купцапа земство укçи-тенкипе тунă. Госпиталь картишĕнче, ялти пек, йывăçсем хушшинче сысна çурисем, кăрккасем, кăвакалсем, хурсем, чăхсем çÿреççĕ. Иван Яковлевич Яковлев инспектор пек ватăсен ял-хулаллă кĕтесĕсене юрататăп эпĕ.

Инспекторăн хăна пÿлĕмĕнче авалхи, ытармалла мар лайăх сĕтел-пукан. Ватă инспектор— Иван Яковлевич Яковлев — вырăнти чăвашсем хушшинче чаплă, вĕсенчен кашнихех сума сăвакан çын теççĕ. Ку халăха çутта кăларассишĕн вăл питĕ нумай ĕçленĕ.

**[1] Василий Никифорович Никифоров (1864—1942) — 1884—1919 çулсенче Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче историпе географи вĕрентнĕ, 1889 çултанпа шкулти килти чиркĕвĕн священникĕ шутланнă.**

**Августăн 16-мĕшĕ**

ХАЙЕН мăшăрĕ пĕтĕм пурнăçне чăвашсене çутта кăларас ĕçе халаллани çинчен мана ĕнер Яковлева[1] каласа пачĕ. Вăл (Яковлев) хăй чăваш. Хăйне йывăр пулин те, гимназист чухнех чăвашсене пулăшнă. Студент пулса тăрсан та, çавнах тунă. Чĕмпĕрте шкул йĕркеленĕ. Унта 500 ытла чăваш ачипе çамрăк пурăнать, пĕлÿ, воспитани илет. Вăлах Библипе Евангели чăвашла куçарнă. Пĕтĕм кунçулне пĕртен-пĕр ĕмĕтшухăша пурнăçа кĕртессишĕн халалланă.

Халĕ Яковлев 68 çулта. Вăл ватăлнă, хăйĕн ĕçне, мĕнле калас, хăнăхнă йăлапа, сулăмпа туса пырать, нумай калаçать, вак-тĕвексен ăшне путнăскер, кичем, йăлăхтарсах çитерет... Тахçан вара вăл ăмăрткайăк, деятель, идеалист, реформатор пулнă. Пурнăçа ахаль пурăнса ирттермен, хăйĕн ĕçĕн çимĕçне курма пултаракан çыннăн ватлăхĕ хитре... Старике эпĕ ĕнер курман, вăл çывăрнă. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕн пĕр пайĕнче вырнаçнă госпиталь пирки эпĕ кĕпĕрнери земство управине çырса пĕлтернĕччĕ. Яковлева паян унта кайса килчĕ. Хăй шутласа хунине пурнăçа кĕртес тесе упăшкин мĕн кăна чăтса ирттерме тивни çинчен каласа пачĕ мана Яковлева.

[1] Екатерина Алексеевна Яковлева (1861—1936) — И. Я. Яковлев мăшăрĕ. Чĕмпĕрти чă-

Яковлев патĕнче тата госпитальте пултăм. Кĕпĕрнери земство управи госпиталь вырнаçса çурта юсама пуçланăччĕ, анчах, ку ĕç хакла ларассине курса, шухăшне пăрахăçларĕ: пĕтĕмпех пылчăк ăшĕнчех юлать ĕнтĕ. Эпĕ управари господинсене Ольденбургский принцĕ[1] килме пултарассипе хăратнине кура. Яковлев та çак шухăшпа калаçрĕ. Анчах халĕ ку господинсем хăйсене тÿрре кăларма опыт пухнă ĕнтĕ. «Эпир унта принца илсе каймастпăр», — тенĕ Яковлева управăра. Чăнах та, госпитальсене ревизи тума килнисене хулари чи лайăххине, хатлине çеç кăтартаççĕ. Ку ултав пулнине ике ене те пĕлеççĕ, шарламасăрах килешеççĕ. Хама канаçсăр, чăрмавла çын теме пултарассине пĕлсе тарсах, юсав ыйтăвĕпе шав-шав çеклетепех.

Яковлев ĕнер мана чăваш шкулĕн чаплă (ансатлăхĕпе, лайăх турăшĕсемпе тата эрешĕсемпе) чиркĕвне кăтартрĕ. Унтан алтарь хыçне илсе кайрĕ те çĕр çине цементпа тунă таваткĕтеслĕхе кăтартрĕ. Архиерей ирĕк панипе кунта, Яковлевпа мăшăрĕ вилсен, тупăк лартмалли склеп хатĕрлесе хунă иккен. Яковлев чечек кашăлĕсемпе çын пытармалли колесницăсене чăтма пултараймании çинчен каларĕ. Кунта ăна ала çинче йăтса килĕç. Чиркÿ уçас, шкул çурчĕсене тăвас, Евенгелипе Библи чăвашла куçарас енĕпе мĕнле ĕçлени çинчен каласа пачĕ вăл. Хăйне манса кайман, ыра сăмахпа асăнакан вырăнта выртас килет пулас унăн.

Яковлев 69 çула кайнă. Унăн ашшĕ[2] те, пиччĕшĕ те 69 çула кайсан вилнĕ. Хăйĕнпе те çаплах пулать тесе шутлать вăл.

«Хĕрлĕ Хĕрес» обществăн вырăнти управленийĕн ларăвĕнче пулса иртнĕ пĕр япала çинчен каласа култарчĕ. Денисова карчăк[3] тем сăлтăвпа Яковлева «çыра пĕлмест» (ĕç хучĕсем, хаçат валли заметкăсем) тенĕ. Старик çилленсе кайнă та çапла каласа хунă: «Эсир мĕнле пĕлÿ илнине пĕлместĕп, сударыня, эпĕ вара асла вĕренÿ заведенийĕ пĕтернĕ».

**[1] А. П. Ольденбургский — генерал-адъютант. Пĕрремĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче Россиăри çар госпиталĕсен тĕп начальникĕ пулнă.**

**[2] Сăмах кунта тăлăх Яковлева усрава илнĕ Пахом Кириллов çинчен пырать.**

**[3] Чĕмпĕрти «Хĕрлĕ Хĕрес» общество председателĕн заместителĕ.**

**Августăн 26-мĕшĕ**

И. Я. ЯКОВЛЕВ, эпĕ ыйтнипе, брошюрăсем ярса пачĕ. Вăл Чĕмпĕрти чăваш шкулне йĕркелени çинчен çырса кăтартнă çав кĕнекесенче. Чуна хумхантармалли тата ыттисемшĕн усăлли нумай вĕсенче. Яковлева ырă ĕçсем тума хавхалантарса тăнă Ильминский профессор[1] (Хусан университечĕ) ĕçĕсемпе пирвайхи хут паллашрăм. Вăт чăн-чăн деятельсем! Телейлĕскерсем! Вĕсем хăйсем ĕçĕсен çимĕçĕсене курма пултарнă, пуçланă ĕç малалла аталанасса, ÿсессе, чечекленессе пĕлсе вилнĕ. Мĕнле-ха савăнмăн!

**[1] Николай Иванович Ильминский (1822—1891) — паллă ученăй-лингвист, Хусан университечĕпе духовнăй академи профессорĕ, наукăсен академийĕн член-корреспонденчĕ.**

**Августăн 28-мĕшĕ**

ЧĔМПĔРТИ чăваш шкулĕ...

... сене вĕрентес ĕç йĕркине уçса панă. Хăшпĕр чух вĕсем каçхине 7 сехетре калаçма пуçланă та тепĕр кунхи 8 сехетре чиркĕве кайма чан çапсан тин уйрăлнă. Ильминский хăйĕнпе пĕр пек кăмăллă çынсене тÿрех уйăрса илнĕ. Яковлевра вăл вак халăхсене çутта кăларас ĕçри деятеле курнă, унпа уйрăммăн ĕçлеме пуçланă. Яковлев калана тăрăх, Ильминский тĕлĕнмелле кăмăллă, тĕрлĕ енчен аталаннă лингвист (ученăй) пулнă, çав вăхăтрах сăпайлăхпа палăрса тăнă. Служба енĕпе ÿсессинчен, наградăсенчен, ытти енĕпе палăрассинчен парăннă. Хăйĕн кăмăлĕ пулнă пулсан чылай çÿле вĕçсе хăпарма пултарнă. Хăй лайăх пĕлекенсен хушшинче шÿтлеме юратнă, анекдот каланă май, ахăлтатса кулнă. Шел, Яковлев дневник çырман, унăн калавĕсене никам та хут çине куçарман пулас.

Халăха вĕрентес ĕç министрĕпе Кассопа[1] калаçни интереслĕ. «Чăваш халăхĕ валли Россиăран пĕтĕм Чĕмпĕр кĕпернине туртса илесшĕн мар-и эсир?»—шÿтлесе ыйтнă пулать унран лешĕ. Шÿт çине шÿтпе тавăрнă Яковлев: «Пĕтĕм кĕпернене туртса илес шухăш çук, чăвашсем пурăнакан уессене илмелле!»

Яковлевсен Мускав университечĕн приват-доцентĕнче ĕçлекен ывăлĕ[2] пур иккен. Екатерина Алексеевна Яковлева— Ильминскин ĕçри юлташĕн[3] хĕрĕ, мĕн пĕчĕкрен Ильминский патĕнче пурăннă.

Старик ятсене, ашшĕ ячĕсене, хушаматсене, çулсене, цифрăсене тĕлĕнсе каймалла лайăх астăвать. Интересле çын вăл, ыттисемшĕн ырă тĕслĕх. Эпĕ килсен, вăл яланах хывăнса тăхăнать. Вăл ыйтнипе, ун валли хура пуставран çĕленĕ ăшă çĕлĕк килсе пачĕç. Ăна тăхăнса пăхнă май, вăл çĕре кĕнĕ Поливановпа[4] Гагрăра пулнă чух Ольденбургский принцпа паллашни çинчен каласа пачĕ. Чи малтан лешĕ ăна купца вырăнне йышăннă. Вăрăм çÿçлĕ, сухаллă, хресчен сăн-питлĕ Яковлев чăнах та ватă купцана аса илтерет.

Яковлев мана пĕр хыпарпа савăнтарчĕ. Эпĕ кĕпĕрнери земство управин председателĕ Беляков патне çыру янă хыççăн Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вырнаçнă госпиталь çуртне, юсама чарăнăскере, халĕ юсама пуçланă. Кĕпере те çĕнетеççĕ пулас. 8 сехетре Яковлевсен çемйи апатланма ларчĕ. Яковлев борщ çиме мана та чĕнчĕ, анчах эпĕ килĕшмерĕм. Яковлев Поливанова лайăх пĕлнĕ. Чĕмпĕршĕн тунă унăн ĕçĕсене йышăннипе пĕрлех, вăл ăна-кăна хăвăрт тĕшмĕртмен çын пулнине палăртрĕ. Яковлев Гончаров çуртне[5] тăвас тесе чи малтан вăл шухăш пачĕ тесе ĕнентерет.

Яковлевсен алăкĕсем нихăçан та питĕрĕнсе тăмаççĕ. Эпир ларакан пÿлĕме пĕр вĕçĕм чăваш сăн-питлĕ çынсем уçа-уçа пăхрĕç. Хăше-пĕри кĕрсе те курчĕ. Яковлев вĕсене «эсĕ» тесе чĕнет. Кунта хăйне уйрăм тĕнче, хăйне уйрăм хутшăнусем пулас. Картишĕнче — хресченсен ураписем, лашисем. Вĕренекенсене лартса килеççĕ. Вĕсен кутамкки-таврашĕ кунтах йăваланса выртать. Чăваш шкулĕ ытти вĕренÿ заведенийĕсенчен уйрăмрах тăнă палăрать. Вĕренме килнĕ ачасен сăн-пичĕ те хăйнеевĕрлĕ.

(Малалли пулать.).

# ЯЛКӐШТӐР ТУСЛӐХ КӐВАЙЧӖ!

*Январӗн 3—7-мӗшӗсенче Шӑмӑршӑра кидовецсен Пӗтӗм Союзри пӗррӗмӗш слетне ирттерӗҫҫӗ*

Шӑмӑршӑри вӑтам шкулта 1968 ҫултах КИД (интернационалла туслӑх клубӗ) йӗркеленӗ. Унӑн пӗр ушӑнмин руководителӗ, шкулти аслӑ пионервожатӑй Валентина Афанасьевна Урахова сӗнӗвипе вуҫӗ ҫул каялла общественлла йӗркепе ӗҫлекен ҫак клуба США-ри ҫамрӑк патриот Саманта Смит ятне панӑ.

1987 ҫултанпах шӑмӑршӑсем Совет Союзӗнчи Саманта Смит ятлӑ ытти клубсемпе ҫыхӑну тытма пуҫланӑ. Халӗ вӗсен 56 адрес — Камчаткӑран пуҫласа Хӗвеланӑҫ чикки таранах. Ҫакӑ та интереслӗ: КИД ӗҫне активлӑ хутшӑнакан Светлана Архиповӑпа Анна Иванова иртнӗ ҫуркунне Мире хӳтӗлекен Совет комитечӗн делегацийӗн шучӗпе Саманта Смитӑн тӑван ҫӗршывне — США-ри Мэн штатне кайма тивӗҫ пулнӑ.

**Пӗлтӗрхи ҫулла Мускавра** Саманта Смит ячӗпе хисепленекен ача-пӑча дипломатийӗн Пӗтӗм Союзри Центрне туса хунӑ. Шӑпах ҫак Центрӗнтӗ Мире хӳтӗлекен Совет комитечӗпе пӗрле Шӑмӑршӑра кидовецсен пӗррӗмӗш слетне ирттерме решени йышӑннӑ.

Январь пуҫламӑшӗнчех Шӑмӑршӑ районне пилӗк союзлӑ республикӑран вунҫичӗ делегаци килсе ҫитнӗ. Вӗсене район руководительӗсем, Шӑмӑршӑри пионерсемпе комсомолецсем, ӗҫпе вӑрҫӑ ветеранӗсем ӑшшӑн кӗтсе илнӗ. Январӗн 3-мӗшӗнче Шӑмӑршӑри вӑтам шкулта, ҫӗршыври кидовецсен Пӗтӗм Союзри слетне савӑнӑҫлӑ лару-тӑрура уҫса, Саманта Смит ячӗпе хисепленекен ача-пӑча дипломатийӗн Пӗтӗм Союзри Центрӗн президенчӗ Ю. Я. Яковлев писатель (Мускав хули), КПСС Шӑмӑршӑ райкомӗн секретарӗ Г. А. Телегина, ВЛКСМ обкомӗн секретарӗ В. Н. Михеев, Мире хӳтӗлекенсен республикӑри комитечӗн президиумӗн членӗ П. В. Богданов, Чӑваш АССР халӑха вӗрентес ӗҫ министерствин инспекторӗ И. Д. Волков сӑмах каланӑ.

Пилӗк кун хушшинче кидовецсем Шӑмӑршӑ районӗнчи шкулсенче, предприятисемпе учрежденисенче пулаҫҫӗ, ҫавӑн пекех В. И. Ленин ҫуралнӑ хулана Ульяновска ҫитсе кураҫҫӗ. Слет туслӑх кӑвайчӗпе вӗҫленет.

**Н. БЫКОВ,**
**ВЛКСМ Шӑмӑршӑ райкомӗн пӗррӗмӗш секретарӗ.**

# ВӐРМАН ӐСТИСЕМ

Ҫак кунсенче Атӑл леш енчи механизациленӗ вӑрман хуҫалӑхӗнче пултӑм. Вунӑ ҫул каялла пӗрле ӗҫленӗ юлташсене курса калаҫас килчӗ. Мӗнле ӗҫлеҫҫӗ-ши вӗсем? Камсем тӑрса юлнӑ-ши? Ӗҫ условийӗсем мӗнле-ши? Ыйту хыҫҫӑн ыйту ҫӑмхаланчӗ.

Пӑлӑм тӑрӑхӗ хитре, сывлӑш чуна уҫӑлтарать.

— Эсир ӗҫре малта пыракансемпе паллашасшӑн-и?— ыйтрӗ профсоюз комитечӗн председателӗ П. Ильин. — Уйрӑмах саксене сӗнес тетӗп —Иван Федорович Федорова, пилорамщика, Меркурий Иванович Сучкова, механизатора. Атьӑр, пӗрлех кайӑпӑр вӗсем патне. Тен, ҫулла май Валерий Кириллов трактористпа та тӗл пулӑпӑр. Вӑл та маттур.

Кирилловпа акӑ мӗнле тӗл пултӑмӑр. Вӑл хӑйӗн тракторне хӑякӑн вырттарнӑ та, аял енчен хулӑн листаллӑ тимӗр шӑратса ҫыпӑҫтарать.

— Хӗлле ӑшӑрах пултӑр терӗм, — кӑмӑллӑн калаҫать хӑй. Унтан сапла хушса хучӗ — Меркурий Сучков шипе яланах пулӑшса пырать. Шанчӑклӑ юлташ вӑл. Механизаторта сирӗм вуҫӗ ҫул ӗҫлесе, кама-кама вӗрентсе ӗҫ раман-ши? Унӑн тӗп ӗҫӗ —тракторсен топливо аппаратурине юсаса тӑрасси.

Манӑн Меркурий Сучков ҫинчен тӗплӗнрех пӗлес килчӗ. Савӑнпа нумай пулмасть директор пулма суйланӑ П. Порфирьевпа калаҫса пӑхас терӗм.

— Меркурий пек ылтӑн аллӑллӑ ҫын пирӗн пӗрре кӑна. Хам та унран тӗлӗнетӗп. Унӑн кӑмӑлне те, ӑсталӑхне те пысӑка хурса хаклатпӑр, — терӗ Петр Порфирьевич. — Коммунизмла ӗҫ ударникӗ вӑл. Мӗншӗн тетӗр-и? Вӑл е ку ӗҫе «манӑн мар» тесе тӑнине курман. Те ӗҫсӗр пурӑнма хӑнӑхманран, кирек кама та ҫийӗнчех пулӑшма хатӗр. Ялан механизаторсемпе шоферсем хушшинче вӑл. Ҫамрӑк механизаторсемпе шоферсем унран кӑткӑс ӗҫсем пирки ыйта-ыйта пӗлеҫҫӗ.

Мӗн ачаран техникӑна юратнӑран-ши, тракторсемпе тата машинӑсем ӑмӑрне тӑ...

Спорт ~~~~ Спорт



«Шупашкарти промышленность тракторесен заводӗ» производство пӗрлешӗвӗнчи рабочисемпе служащисем хулан кӑнтӑр енчи ҫӗнӗ районӗнче йышлӑн пурӑнаҫҫӗ. Юнашарах — вӑрман. Кунта канмалли кунсенче ҫӗршер рабочи хӑйсен сывлӑхне ҫирӗплетет.

Ӳкерчӗк ҫинче: заводри физкультурниксен пӗр ушкӑнӗ канмалли кун.

С. Игнатьев фотоӳкерчӗкӗ.

# ТРАССА ХУҪИСЕМ ҪӖНТЕРНӖ

Юлашки ҫулсенче биатлонистсен ӑмӑртӑвӗсене час-часах Шупашкарти В. И. Чапаев ячӗпе хисепленекен производство пӗрлешӗвӗн спорт базинче ирттерӗҫҫӗ. Ҫакна палӑртма кӑмӑллӑ: асӑннӑ предприятире ӗҫлекен тата Чапаевски поселокри спорт шкулӗнчи ҫамрӑк биатлонистсем ытларах чухне тӗрлӗ шайри ӑмӑртура та малти вырӑнсене йышӑнаҫҫӗ. Декабрӗн чи юлашки кунӗсенче ДОСААФ обкомӗ ирттернӗ республикӑри ӑмӑртусенче те ҫапла пулчӗ: производство пӗрлешӗвӗн биатлонисчӗсем Шупашкарти Мускав районӗн командине мала кӑларас тесе пӗтӗм вӑйне пачӗҫ.

Пӗррӗмӗш кунхине 10 километрлӑ дистанцире спорт шкулӗнче вӗренекен Р. Чеченешкин ҫӗнтерчӗ. Юниорсем хушшинче — Д. Винокуров, хӗрарӑмсен ушкӑнӗнче — А. Мархунова, арҫынсен 20 километрлӑ дистанцийӗнче СССР спорт мастерӗ С. Михайлов палӑрчӗҫ. Ҫак чемпионсем пурте Мускав районӗн командин чысне хӳтӗлерӗҫ. Хӗрачасен ушкӑнӗнче вара Муркаш районӗнчи Е. Лобастова чи лайӑх результат кӑтартрӗ.

Тепӗр кунне ДОСААФ обкомӗн парнисене тӗрлӗ дистанцисенче ҫӗнтерӳҫӗ-командӑри Р. Чеченешкин, М. Павлова, В. Степанова, Д. Винокуров тата Шупашкартя энергетика техникумӗнче вӗренекен О. Тойдеряков тивӗҫ пулчӗҫ.

Елӗкрех биатлонистсен ӑмӑртӑвӗсенче Канашпа Ҫӗнӗ Шупашкар хулисен, Вӑрнар, Вӑрмар, Тӑвай, Комсомольски районӗсен спортсменӗсем те ҫитӗнӳ тунӑ мар. Шел пулин те, кальхинпе ҫак хуласемпе районсенчен пӗр биатлонист та ӑмӑртмарӗ.

Умра — ҫӗнӗ стартсем. Январӗн 12—15-мӗшӗсенче Ульяновскра Пӗтӗм Россйӑри зонӑри ӑмӑртусем пулаҫҫӗ. Ҫак уйӑх вӗҫӗнчех Свердловскра РСФСРти хӗллехи спартакиадӑн финалти ӑмӑртӑвӗсем пуҫланаҫҫӗ. Пирӗн республикӑран ...

# ШАХМАТИСТСЕМ ЗАДАЧА ШУТЛАҪҪӖ

Шупашкарти «Пегас» клубӗнче республикӑра шахмат задачисене шутлама юрататакансен финалти ӑмӑртӑвӗсем вӗҫленнӗ. Конкурса 14 спортсмен хутшӑннӑ. Хӑйне евӗрлӗ ӑмӑртӑвӑн юлашки тапхӑрӗнче Чӑваш ...

... те нумайрах очко пухнӑ, пуҫласа чемпион ятне ҫӗнсе илнӗ. Республика столицин Мускав районӗнчи халӑха вӗрентес ӗҫ пайӗн инспекторӗ А. Малавчев — иккӗмӗш, агрегат заводӗнчи Н. Казначеев, слесарь ...



# РЕСПУБЛИКӐРА «КАНИКУЛ» ОПЕРАЦИ ПЫРАТЬ




**Чӑваш АССР Шалти ӗҫсен министерствин Госавтоинспекцийӗ шкулсенчи хӗллехи каникул вӑхӑтӗнче «Каникул» операци ирттересси ҫинчен пӗлтерет. Операци тӗп тӗллевӗ — ачасем ҫул ҫинче транспортпа инкек тӳсессӗрен сыхланма, пионерсемпе шкул ачисене профилактика ӗҫӗ ирттересси, ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсене вӗрентесси тата ҫав правилӑсене ҫирӗп хӑнӑхтарасси. Операци вӑхӑтӗнче массӑллӑ информаци хатӗрӗсемпе усӑ курса ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсене лайӑхрах пропагандӑлама, автохуҫалӑхсенче, ӗҫ коллективӗсенче тата ачасен сеансӗсем пуҫланас умӗн кинотеатрсенче, учительсен январьти канашлӑвӗнче ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсем ҫинчен тухса калассине йӗркелесси, Ҫӗнӗ ҫул мероприятийӗсене ирттернӗ вырӑнсенче транспорт тата ҫуран ҫынсем мӗнле ҫӳренине ҫирӗпрех контроллесе тӑрасси, ГАИ сотрудникӗсем ачасемпе тата вӗсен ашшӗ-амӑшӗпе тӗл пуласси тата ытти те.**

# ШУХӐШЛАТТАРАКАН ХРОНИКА

1989 ҫулхи 11 уйӑхра республикӑри ҫулсем ҫинче 202 ача инкек тӳснӗ, вӗсенчен 30-шӗ вилнӗ.

Шупашкар хулинче 67 ачана автомобиль таптанӑ. Республикӑри 11 районта ачасем автомобильсене пула суранланасси ӳснӗ.

## ВОДИТЕЛЬ ЮЛТАШСЕМ!

Вуннӑран тӑххӑрӑшӗнче ача ҫул ҫине тухсан машинӑна вӑхӑтра асӑрхаманнипе инкеке лекет. Хӑшпӗр чухне ачасем машина ҫӳрекен ҫул ҫине кӗтмен ҫӗртен чупса тухаҫҫӗ. Ун пек чухне водителӗн пысӑк опычӗ те, шанчӑклӑ тормоз та инкеке сирсе яма пултараймаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та сирӗн ҫул ҫывӑхӗнче е урамӑн машинӑсем ҫӳрекен вырӑнта ачана вӑхӑтра асӑрхамалла. Вӑл мӗн шутланине тавҫӑрса илме пултарӑр, кирлӗ пулсан, ӑна асӑрхаттарӑр.

**Сирӗнтен нумайӑшӗн ачасем пур. Ҫавӑнпа та эсир ачана транспорт таптаса вӗлернӗшӗн ҫемье мӗн тери куляннине ӑнланма пултаратӑр. Руль тытса пынӑ чухне шкулсем тата тӗрлӗрен ача-пӑча учрежденийӗсем вырнаҫнӑ ҫӗрте асӑрханулла та тимлӗ пулӑр. Шкулсемпе ача-пӑча учрежденийӗсем патӗнче, обществӑлла транспорт чарӑнакан вырӑнсенче, кинотеатрсем тата ытти савнашкал ҫуртсем патӗнче, ҫуран ҫынсем ҫул урлӑ каҫакан вырӑнсенче, ҫынсем пухӑнакан вырӑнсенче тимлӗ те сыхӑ пулӑр.**



Водительсем, ан манӑр! Ачасен сывлӑхӗпе хӑрушсӑрлӑхӗ — сирӗн аллӑра!

## АЧАСЕМ!



**Ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсене пӑсни — пурнӑҫшӑн та сывлӑхшӑн пысӑк хӑрушлӑх. Урамра машинӑсем ҫӳрекен вырӑнта выляни, ҫул ҫинче самокатсемпе ярӑнни транспорта ҫӳреме чӑрмантараҫҫӗ ҫеҫ мар, сирӗн пурнӑҫшӑн пысӑк хӑрушлӑх кӑларса тӑратаҫҫӗ.**

Ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсем — хӑрушсӑрлӑх правилисем. Вӗсене ҫирӗп пӑхӑнмалла.

## ХИСЕПЛӖ АШШӖ-АМӐШӖСЕМ!

Хӑвӑрӑн ачӑршӑн яланах лӑпкӑ пулас тесен тата вӑл урамра хӑйне шанчӑклӑн туйтӑр тесен, хӑшпӗр канашсемпе усӑ курӑр. Ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсемпе ачана вӑл хӑй тӗллӗн пирвайхи утӑмсем тунӑ самантран пуҫласах паллаштарма пуҫламалла. Правилӑсемпе ачана йӑлӑхтарса ҫитермесӗр, ялан паллаштармалла, ҫак тӗллевпе урамра е картишӗнче кашни меллӗ самантпа усӑ курмалла.

Пӗчӗк ачапа уҫӑлса ҫӳренӗ чухне ҫул ҫинче транспорт хатӗрӗсемпе тата ҫуран ҫӳрекенсемпе мӗн пулса иртни ҫинчен сасӑпа каласа парӑр.

Ачасене урамри ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсене вӗрентнӗ чухне тимлӗ пулма, хӑрушӑ самантра сухалса каясран асӑрханма тата ҫирӗп те лӑпкӑ пулма хӑнӑхтарасси тӗп задача пулса тӑрать.

Ачана курма вӗрентмелле! Ҫакна ҫирӗп хӑнӑхтармалла: тротуар ҫинчен пӗррӗмӗш утӑм тавиччен малтан ҫул ҫине икӗ енелле те пӑхса илмелле. Ача хӑй сисмесӗрех ҫапла тума хӑнӑхса ҫиттӗр.



**Ачапа ҫул урлӑ каҫнӑ чухне е транспортран тухнӑ чухне ӑна аларан вӗҫерӗнме хӑтлансан тытса чарма хатӗр пулмалла, ӑна аларан ҫирӗп тытмалла.**

**Автобусран, троллейбусран тата таксирен тухнӑ чухне яланах ача умӗнче пулӑр. Унсӑрӑн вӑл ӳкме е ҫул ҫине машинӑсем ҫӳрекен вырӑна чупса тухма пултарать.**

**Ачапа ҫул ҫинче пынӑ чухне ан васкӑр, ҫул урлӑ лӑпкӑн утса каҫӑр.** Унсӑрӑн эсир ачана кӗтсе тӑмалли, тавралла пӑхса илмелли тата хӑйшӗн хӑрушсӑр пулмалли вырӑнта васкамашкӑн вӗрентетӗр. Ҫулӑн машинӑсем ҫӳрекен пайне ҫитсен, кирек мӗн ҫинчен калаҫма та чарӑнӑр! Ачан ҫак шухӑша хӑнӑхмалла: ҫул урлӑ каҫнӑ чухне калаҫма юрамасть.

Светофор хӗрлӗ е сарӑ сигнал панӑ вӑхӑтра нихҫан та ҫул урлӑ ан каҫӑр. Ача, йӗркене пӑсса, сирӗнпе пӗрле ҫул урлӑ каҫать пулсан, вӑл сирӗнсӗр чухне те ҫапла тума пултарать.

Ачана кашни хутӗнчех ҫул урлӑ тӳп-тӳрӗ каҫма кирлине пӗлтерӗр. Урам урлӑ ҫуран ҫынсем каҫмалли вырӑнне пӗрентӗр. Урам урлӑ ҫуран ҫынсем каҫмалли вырӑнсенче ҫеҫ каҫмалла сенче е тротуарсем хӗреслеснӗ вырӑнсенче ҫеҫ каҫмалла. Эсир ачана ҫул урлӑ ӑҫта килчӗ унта каҫма вӗрентсен, ӑна нимӗнле шкул та юсама пултараймӗ.

**Чи кирли! Ҫул ҫинче ҫӳремелли правилӑсене хӑвӑр яланах пӑхӑнӑр тата хӑвӑрӑн ачӑрсен умне те ҫав правилӑсене пӑхӑнма требовани лартӑр.**

## ВОСПИТАТЕЛЬСЕМ, УЧИТЕЛЬСЕМ!

Ачасем ҫул ҫинче инкек тӳсесрен асӑрхаттарас ӗҫре шкул ҫулне ҫитмен ача-пӑча учрежденийӗсемпе шкулсенче ӗҫлекенсем, воспитательсемпе учительсем пысӑк вырӑн йышӑнаҫҫӗ.

... йӗркесене тарӑн та ҫирӗп вӗренсе ҫитесси ҫул-йӗр азбукин темисемпе занятисем мӗнле ирттернинчен, ҫак темӑсемпе вӑйӑсем, викторинӑсем, конкурссем тӗплӗн шухӑшласа тата лайӑх хатӗрленсе, интереслӗ ирттернинчен килет.

Шанчăклă юлташ вăл. Механизаторта сирĕм висĕ çул ĕçлесе, кама-кама вĕрентсе ăс паман-ши? Унăн тĕп ĕçĕ — тракторсен топливо аппаратурине юсаса тăрасси.

Манăн Меркурий Сучков синчен тĕплĕнрех пĕлес килчĕ. Савăнпа нумай пулмасть директор пулма суйланă П. Порфирьевпа калаçса пăхас терĕм.

— Меркурий пек ылтăн аллăллă сын пирĕн пĕрре кăна. Хам та унран тĕлĕнетĕп. Унăн кăмăлне те, ăсталăхне те пысăка хурса хаклатпăр, — терĕ Петр Порфирьевич. — Коммунизмла ĕç ударникĕ вăл. Мĕншĕн тетĕр-и? Вăл е ку ĕçе «манăн мар» тесе тăнине курман. Те ĕçсĕр пурăнма хăнăхманран, кирек кама та сиплĕнчех пулăшма хатĕр. Ялан механизаторсемпе шоферсем хушшинче вăл. Çамрăк механизаторсемпе шоферсем унран кăткăс ĕçсем пирки ыйта-ыйта пĕлеççĕ.

Мĕн ачаран техникăна юратнăран-ши, тракторсемпе тата машинăсен ĕмĕрне тăсассине тĕп вырăна хурать. Пултаруллăран ĕнтĕ кивĕ тимĕр-тăмăртан хăйне валли ДТ-20 текен трактор ăсталанă. Килти хусалăхра унпа суха тăвать, утă çулать, вăрман турттарнă çĕрте усă курать.

Л. АЛЕКСЕЕВ.

«Шупашкарти промышленность тракторесен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи рабочисемпе служащисем хулан кăнтăр енчи çĕнĕ районĕнче йышлăн пурăнаççĕ. Юнашарах — вăрман. Кунта канмалли кунсенче çĕршер рабочи хăйсен сывлăхне çирĕплетет.

Ӳкерчĕкре сăнне: заводри физкультурниксен пĕр ушкăнĕ канмалли кун.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕ.

районĕн командин чысне хӳтĕлерĕç. Хĕрачасен ушкăнĕнче вара Муркаш районĕнчи Е. Лобастова чи лайăх результат кăтартрĕ.

Тепĕр кунне ДОСААФ обкомĕн парнисене тĕрлĕ дистанцисенче çĕнтерӳçĕ-командăри Р. Чеченешкин, М. Павлова, В. Степанова, Д. Винокуров тата Шупашкарти энергетика техникумĕнче вĕренекен О. Толдеряков тивĕç пулчĕç.

Елĕкрех биатлонистсен ăмăртăвĕсенче Канашпа Çĕнĕ Шупашкар хулисен, Вăрнар, Вăрмар, Тăвай, Комсомольски районĕсен спортсменĕсем те çитĕнӳ тумам мар. Шел пулин те, хальхинче çак хуласемпе районсенчен пĕр биатлонист та ăмăртмарĕ.

Умра — çĕнĕ стартсем. Январĕн 12—15-мĕшĕсенче Ульяновскра Пĕтĕм Российăри зонăри ăмăртусем пулаççĕ. Çак уйăх вĕçĕнчех Свердловскра РСФСРти хĕллехи спартакиадăн финалти ăмăртăвĕсем пуçланаççĕ. Пирĕн республикăран унта ултă биатлонист хутшăнмалла.

П. СИДОРОВ.

## ШАХМАТИСТСЕМ ЗАДАЧА ШУТЛАÇÇĔ

Шупашкарти «Пегас» клубĕнче республикăри шахмат задачисене шутлама юрататансен финалти ăмăртăвĕсем вĕçленнĕ.

Конкурса 14 спортсмен хутшăннă. Хăйне евĕрлĕ ăмăртăвăн юлашки тапхăрĕнче Чăваш государство университечĕн ассистенчĕ В. Федосеев пуринчен те нумайрах очко пухнă, пуçласа чемпион ятне çĕнсе илнĕ. Республика столицин Мускав районĕнчи халăха вĕрентес ĕç пайĕн инспекторĕ А. Малавчев — иккĕмĕш, агрегат завочĕн Н. Казначеев слесарь виççĕмĕш вырăн йышăннă.

И. ЧЕРМАКОВ.

# ХĂЛТĂР-ХАЛТĂР БАЗĂРА

Лайăх астăватăп: Чăваш АССР Госкомспорчĕн председателĕ В. Филиппов 10—15 çул каяллах, пĕчĕк пухусенчен пуçласа республика пĕлтерĕшлĕ канашлусенче те, Шупашкар таврашĕнче паянхи кун ыйтăвĕсене тивĕçтерекен йĕлтĕр базисем пуласси çинчен пĕлтерсе, пысăк сăмахсем каларчĕ. 80-мĕш çулсем те иртсе кайрĕç, 1990 çул та çитрĕ, пирĕн йĕлтĕрçĕсен вара çав-çавах хăйсен ăмăртăвĕсене хăлтăр-халтăр, ниме тăман базăсенче йĕркелеме тивет.

Чăваш АССР Госкомспорчĕпе хулари спорткомитет çулленех декабрь вĕçĕнче йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвне ирттереççĕ. Яхĕ те хитре янăрать: Çĕнĕ çул умĕнхи ăмăрту. Пирĕн шутпа вăл чăн-чăн уяв пек иртмелле. Анчах та хальхинче ун çинчен инепле те асра юлакан ăмăрту тесе калас килмест.

Пĕлтĕрçĕсен старчĕсене хăшпĕр çулсенче çĕршер спортсмен тухнă. Хальхинче вара Çĕнĕ çул умĕнхи ăмăртăва хутшăнма Шупашкар, Çĕнĕ Шупашкар, Канаш хулисенчен тата Çĕрпӳпе Йĕпреç районĕсенчен пурĕ те 57 спортсмен кăна кăмăл тунă. Вĕсенчен хăшĕсем, дистанцирен тухса, судьясене пĕлтермесĕрех, килĕсене «старчĕç». Хĕрарăмсен ушкăнĕнче, акă, сиччĕн кăна старта тухрĕç, финиша виллĕкĕшĕ çеç çитрĕ. Юниоркăсем те сахалăн пулчĕç.

Паллах, пĕр шутласан, çак ответлă ăмăртусене хутшăнма пĕр сын та яма пултарайманшăн Çĕмĕрле е Улатăр хулисен, Шăмăршă е Патăръел районĕсен спорт комитечĕсен председателĕсене айăплама та пулать пек. Ман шутпа, кирлĕ мар. Мĕншĕн тесен 100—200 çухрăмран асапланса килнĕ спортсменсене Шупашкар хулин хăлтăр-халтăр йĕлтĕр базинче каллех нуша тӳсме тивет-чĕ пуль. Акă мĕншĕн: Чăваш АССР Госкомспорчĕн спорт ăсталăхне ӳстерес енĕпе ĕçлекен шкул базин çурчĕсене-вагонеткисене хутса ăшăтмаççĕ, электричество çук, вĕри чей е кофе тупса ĕçеймĕн (буфет ĕçлемест) тата ытти те...

Çапла майпа республикăри чи вăйлă йĕлтĕрçĕсем те Çĕнĕ çула чаплă кăмăлпа кĕтсе илеймен. В. Филипповпа физкультурăпа спорта аталантарассишĕн ответлă ытти пуçлăхсем те вĕсем валли инепле те парне туса параймаççĕ. Çав вăхăтрах 3—4 çул каялла йĕлтĕрçĕсем хăйсен пысăк ăмăртăвĕсене ирттернĕ меллĕ вырăнта вуншар дача çурчĕ çĕкленчĕ.

Темиçе сăмах ăста йĕлтĕрçĕсен результачĕсем çинчен. Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕнче ĕçлекен В. Алексеев 20 километра 50 минут та 7 çеккунтра чупса тухрĕ, юниорсен ушкăнĕнче ăмăртнă унăн командăри юлташĕ А. Алексеев çак дистанцие 54 минут та 28 çеккунтра вĕçлерĕ. Педагогика институчĕн студенткин С. Михеевăн результачĕ те аван: 31 минут та 7 çеккунт (10 км). Юниоркăсен ушкăнĕнче Çĕнĕ Шупашкарти Т. Горбунова малта — 31 минут та 26 çеккунт.

Çапла, республикăра йĕркеллĕ спорт бази çук пулин те, ăста йĕлтĕрçĕсем — вĕсенчен ытларахăшĕ СССР спорт мастерĕсем — паха результатсем кăтартаççĕ. Теп, тĕлĕнме кирлех мар: пирĕн республикăран олимпиецсем те тухĕ-ске. Вăйлă спортсменсем малашне те пулĕç, анчах та вĕсене тренировкăсемпе ăмăртусем ирттерме йĕркеллĕ спорт базисем туса памасан, хăшне-пĕрне тăр кăнтăрлах çухатма пултарăпăр. Ун пек тĕслĕхсем халиччен сахал мар пулнă.

Р. ТАБАКОВ.

## ЯЛАН ШЫРАВРА

Пăрачкав районĕнче учительсен «Шырав» клубĕ ĕçлет. Унта çӳрекенсем вĕренӳри, воспитанири çĕнĕ меслетсемпе паллашсах тăраççĕ.

Клубра кĕçĕн классенче ĕçлекенсен, тĕрлĕ предметпа вĕрентекенсен, çавăн пекех çамрăк учительсен шкулĕсем пур. Вĕсене пултаруллă та опытлă педагогсем, çав шутра истори учителĕ Н. И. Майоров, физика учителĕ О. С. Маркета, географи учителĕ В. А. Ховрин, биологи учителĕ М. А. Ермолаева, ют чĕлхесен учителĕ Н. А. Дыдыкина ертсе пыраççĕ. Клуб председателĕ пулма А. К. Ефимовича суйланă.

«Шырав» программинче — интереслĕ мероприятисем, тĕлпулусем, уроксем тата класс тулашĕнчи ĕçсене ирттермелли çĕнĕ меслетсемпе паллашасси, çавна май республика тулашне тухса çӳресси те. Н. И. Майоровпа А. К. Краснов учительсем, акă, кăçал Донецк хулинчи В. Ф. Шаталов педагог-новатор патĕнче пулнă, унăн ĕç опычĕпе паллашнă.

К. АЛЕКСЕЕВ.

Водительсем, ан манăр! Ачасен сывлăхĕпе хăрушсăрлăхĕ — сирĕн аллăра!

## АЧАСЕМ!

Çул çинче çӳремелли правилăсене пăсни — пурнăçшăн та-та сывлăхшăн пысăк хăрушлăх. Урамра машинăсем çӳрекен вырăнта выляни, çул çинче самокатсемпе ярăнни транспорта çӳреме чăрмантараççĕ çеç мар, сирĕн пурнăçшăн пысăк хăрушлăх кăларса тăратаççĕ.

Çул çинче çӳремелли правилăсем — хăрушсăрлăх правилисем. Вĕсене çирĕп пăхăнмалла.

Ачана çул çинче пынă чухне ан васкăр, çул урлă лăпкăн утса каçăр. Унсăрăн эсир ачана кĕтсе тăмалли, тавралла пăхса илмелли тата хăйшĕн хăрушсăр пулмалли вырăнта васкамашкăн вĕрентетĕр. Çулăн машинăсем çӳремен пайне çитсен, кирек мĕн çинчен калаçма та чарăнăр! Ачан çак шухăша хăнăхмалла: çул урлă каçнă чухне калаçма юрамасть.

Светофор хĕрлĕ е сарă сигнал панă вăхăтра нихçан та çул урлă ан каçăр. Ача, йĕркене пăсса, сирĕнпе пĕрле çул урлă каçать пулсан, вăл сирĕнсĕр чухне те çапла тума пултарать.

Ачана кашни хутĕнчех çул урлă тӳп-тӳрĕ каçма кирлине вĕрентĕр. Урам урлă суран çынсем каçмалли вырăнсенче е тротуарсем хĕресленнĕ вырăнсенче çеç каçмалла. Эсир ачана çул урлă ăçта килчĕ унта каçма вĕрентсен, ăна нимĕнле шкул та юсама пултараймĕ.

Чи кирли! Çул çинче çӳремелли правилăсене хăвăр эпнах пăхăнăр тата хăвăрăн ачăрсен умне те çав правилăсене пăхăнма требовани лартăр.

## ВОСПИТАТЕЛЬСЕМ, УЧИТЕЛЬСЕМ!

Ачасем çул çинче инкек тӳсесрен асăрхаттарас ĕçре шкул çулне çитмен ача-пăча учрежденийĕсемпе шкулсенче ĕçлекенсем, воспитательсемпе учительсем пысăк вырăн йышăнаççĕ.

Госавтоинспекци сире çакăн пирки асăрхаттарать: çул çинче инкек тӳснĕ ачасенчен ытларахăшĕ хăйсем пысăк йăнăш тунине пула тата асăрхаманнипе сусăрланнă. Ачасене çул çинче çӳремелли правилăсене тӳрккес чунпа ячĕшĕн кăна вĕрентмелле мар. Ачасем çул çинче хăйсене мĕнле тытмалли йĕркесене тарăн та çирĕп вĕренсе çитесси çул-йĕр азбукин темисемпе занятисем мĕнле ирттернинчен, çак темăсемпе вăйăсем, викторинăсем, конкурссем тĕплĕн шухăшласа тата лайăх хатĕрленсе, интереслĕ ирттернинчен килет.

Кашни воспитатель, учитель, обществăлла инспектор тивĕçĕ — ачасене çул çинче инкек тӳсесрен сыхламашкăн мĕн тума май пуррине пĕтĕмпех тăвасси. Вĕренекенсем çул çинче çӳремелли правилăсене мĕнле пĕлнине тĕрĕслеме ан манăр.

### Хăшпĕр ыйтусемпе ответсем:

| | |
|---|---|
| 1. Çул урлă мĕншĕн çул тăваткалĕнче е суран сынсем касакан вырăнта çеç каçмалла? | Çав вырăнта çуран çынсене çул урлă каçма ирĕк пани çинчен водитель пĕлет. Çав вырăнта вăл питĕ тимлĕ пулать, хăвăртлăха чакарать. Çул урлă ирĕк паман вырăнта каçакан сын хăй инкек тӳсме пултарать тата водителе те чăрмантарать. |
| 2. Светофор хĕрлĕ е сарă тĕслĕ сигнал кăтартнă чухне çул урлă мĕншĕн каçма юрамасть? | Çуран сынсене валли хĕрлĕ тĕслĕ сигнал çутатнă чухне водитель валли симĕс сигнал çутатать. Симĕс тĕслĕ сигнал çутатнă вăхăтра водитель пысăк хăвăртлăхпа пырать, суран çӳрекенсем çул çине тухасса кĕтмест. Машина курăнмасан та çул урлă каçма тăхтамалла, симĕс сигнал çуталасса кĕтмелле. |
| 3. Çул урлă чупса каçма мĕншĕн хăрушă? | Чупнă чухне çынна умра мĕн пуррине пурне те курма йывăр. Çул урлă каçнă чух чи кирли — енчен енне тимлĕ пăхса илни. Çул ултавлă: хăрушлăх çук пек туйăнать, анчах кĕтмен çĕртен тăкăрлăкран машина сиксе тухать те... |
| 4. Çул урлă чалăшшăн каçма мĕншĕн хăрушă? | Чалăшшăн утнă чухне çурăмпа машинăсем еннелле пулатăн та, вĕсем курăнмаççĕ. Кунсăр пуçне, каçмалли çул вăрăмрах пулать. |
| 5. Автобус хыçне «Çул кукринче хăрушă» тесе çырни мĕне пĕлтерет? | Çул кукринче çаврăннă чух автобусăн хыçалти пайĕ вăркăнса илет, вăл юнашар утакан çынна çапса ӳкерме пултарать. |
| 6. Автобусран тухнă чухне тăхтаса тăрсан мĕн пулма пултарать? | Пурте тухрĕç тесе, водитель алăксене хупма тытăнать. Кая юлнă пассажира алăксем хĕссе лартма пултараççĕ. Пассажир ӳкме, автобус айне пулма пултарать. |
| 7. Тăракан автомашина мĕн енчен хăрушă? | Тăракан машина çула хупласа хурать. Çуран çын ун хыçĕпе килекен машинăна асăрхамасăр юлма пултарать. |
| 8. Çулăн машинăсем иртекен пайĕпе çӳреме мĕншĕн юрамасть? | Машинăсем иртекен çул хĕррипе утма та хăрушă: машина çапма пултарать. Тротуарпа çеç çӳремелле. |
| 9. Тротуарсем çук çĕрте çулпа мĕнле çӳремелле? | Тротуар çук пулсан, хирĕç килекен машина курăнтăр тесе çулăн сулахай хĕррипе утмалла. |
| 10. Прицеплă машинăсем мĕн енчен хăрушă? | Çул кукринче прицеп ыткăнса илет, çуран çынна çапса хăварма пултарать. Кунсăр пуçне, тимсĕр çуран çын, машина иртсе кайрĕ тесе, çул урлă каçма тытăнать те прицеп айне лекет. |
| 11. Машинăна тормоз пулăшнипе хăвăрт мĕнле чарма пулать? | Чупакан çын, чарăнас тесен, сахалтан та тепĕр икĕ метр малалла чупса каять. Машина вара чарăниччен хăвăртлăха кура тата 10, 15 е 20 метр малалла каять. Кунсăр пуçне, водитель тормоз сиве пусиччен машина хăйĕн хăвăртлăхĕпех темиçе метр малалла каять. |

## ÇУЛ ÇИНЧЕ ÇӲРЕМЕЛЛИ ПРАВИЛĂСЕНЕ ПĔЛЕТĔР-И? ХĂВĂРА ТĔРĔСЛЕСЕ ПĂХĂР!

1990 çулхи январĕн 5-мĕшĕнче иртен пуçласа касчен кăмăл тăвакан мĕнпур ачана тата вĕсен ашшĕ-амăшне Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин экзаменаторĕсем (электронлă экзаменаторсем) çак адреспа кĕтеççĕ: Шупашкар хули, Кооператив урамĕ, 1-мĕш çурт.

Тĕрĕс ответсемшĕн призсемпе парнесем параççĕ.

**Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин Госавтоинспекцийĕ**

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 5-мĕшĕнче «Амантнă чун» драма, январĕн 6-мĕшĕнче «Çын куççулĕ çĕре ӳкмест» пьеса, январĕн 7-мĕшĕнче 12 сехетре «Качча илессĕм килет» комеди, каçхине «Праски инке хĕр парать» комеди.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 7-мĕшĕнче 10 тата 14 сехетсенче «Кто? Куда? Откуда?» («Кто во что горазд») музыкăллă каламбур, каçхине «Камерный театр Лаврентия Берии» шарж (премьера).

ЧĂВАШ ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ — çĕнĕ сезон уçăлать — январĕн 5-мĕшĕнче 14 сехетре «Что в лесу произошло?» юмах, каçхине «Таркăн» мыскараллă инкек, январĕн 6-мĕшĕнче 14 сехетре «Про Иванушку-дурачка» юмах, каçхине «Ялта» драма, январĕн 8-мĕшĕнче 10 тата 13 сехетсенче «Что в лесу произошло?» юмах, каçхине «Тăлăх Марье» драма.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Полет навигатора» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00. Кĕрен зал: «Раз, два — горе не беда!» — 9.00, 10.50; «Я в полном порядке» — 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кинозал: «Огонь, вода и медные трубы» — 14.00, 15.45; «Жизнь по лимиту» — 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Лиловый шар» — 9.00; «Полет навигатора» — 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 20.45.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Талисман» — 9.00; «Материнская любовь» — 11.00, 14.00, 17.00, 20.00. Вăтам зал: «Мама» — 9.00, 10.40, 12.20; «Это было у моря» — 14.00; «Убегающий август» — 16.00, 18.00, 21.00. Пĕчĕк зал: «Воры в законе» — 10.00, 12.30, 16.30, 18.30, 20.30; «Порог» — 14.30.

«МИР» — «Каникулы в Простоквашино» — 9.00, 12.40; «Хон Гиль Дон» — 10.30, 14.30; «Смех и горе у Бела моря» — 16.40; «Деревенька моя центральная» — 18.30, 20.30.

«СОКОЛ» — «Дикие лебеди» — 10.00, 12.00; «Окно спальни» — 14.00, 16.30, 19.00.

«ЛУЧ» «Клоун Ро и его собака Коко» — 10.00, 12.00; «Самраат» — 15.00, 17.30, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Однажды летом» — 12.00; «Танцуй, танцуй!» — 15.00, 17.30, 20.00.

ЧЭАЗ КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Волк и козлята» — 14.30; «Сюрприз Афродиты» — 16.15, 18.15, 20.00.

«СТРОИТЕЛЬ» КЛУБ — «Она и дьяволы» — 17.30, 20.00.

«САЛЮТ» КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Маски» — 16.00, 20.00.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне кулленех тухать.

НТ 36007. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 34.